ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕн Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Август 23 ВЫРСАРНИКУН № 165 (9074)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов патĕнче

## Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕ ячĕпе пулнă йышăну

Августăн 21-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕ ячĕпе йышăну туса ирттернĕ.

Йышăнура Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕ пулнă—Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министрĕ О. Гротеволь, Премьер-Министр Заместителĕ В. Ульбрихт, Премьер-Министр Заместителĕ О. Нушке, Премьер-Министр Заместителĕ тата Строительство Министрĕ доктор Л. Больц, Премьер-Министр Заместителĕ тата Финанс Министрĕ доктор Г. Лох, Демократиллĕ Германири Наци фрончĕн Наци Совечĕн Председателĕ профессор Э. Корренс, Государство План Комиссийĕн Председателĕ Б. Лейшнер, нимĕçсен ирĕклĕ профсоюзĕсен Пĕрлешĕвĕн Председателĕ Г. Варнке, ирĕклĕ нимĕç çамрăкĕсен Союзĕн Центральнăй Совечĕн Председателĕ Э. Хонекер, Ял тата вăрман хуçалăх Министрĕ Г. Рейхельт, Тулашри тата Германири шалти суту-илӳ Министрĕ К. Грегор, Металлурги тата сăрт-ту промышленность Министрĕ Ф. Зельбманн, Демократиллĕ Германи Республикин Мускаври Дипломатиллĕ Миссийĕн Пуçлăхĕ Р. Аппельт, Германири демократиллĕ хĕрарăмсен Союзĕн Представителĕ И. Тиле, Демократиллĕ Германи Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин сотрудникĕ П. Флорин, çавăн пекех, делегаци секретарĕ Л. Эйзерман, Демократиллĕ Германи Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Протокол Пайĕн Начальникĕ Ф. Тун, Демократиллĕ Германи Республикин Мускаври Дипломатиллĕ Миссийĕн Суту-илӳ Советникĕ В. Банашак, Демократиллĕ Германи Республикин Мускаври Дипломатиллĕ Миссийĕн Советникĕ И. Шютц тата Демократиллĕ Германи Республикин Мускаври Дипломатиллĕ Миссийĕн членĕсем.

Йышăнура çавăн пекех çаксем пулнă: Венгри Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Складан, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Лин Хэ, Демократиллĕ Вьетнам Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Нгуен Лонг Банг, Китай Халăх Республикин Вăхăтлăх Повереннăйĕ Гэ Бао-цюань, Болгари Халăх Республикин Вăхăтлăх Повереннăйĕ В. Велков, Румыни Халăх Республикин Вăхăтлăх Повереннăйĕ Ш. Дуку, Польша Халăх Республикин Вăхăтлăх Повереннăйĕ А. Малэцкий, Чехословаки Республикин Вăхăтлăх Повереннăйĕ Д. Ечны, Монголи Халăх Республикин Вăхăтлăх Повереннăйĕ Н. Лувсанчултэм, Албани Халăх Республикин Вăхăтлăх Повереннăйĕ У. Люле.

Совет Союзĕ енчен йышăнура çаксем пулнă: СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Оборона Министрĕ Н. А. Булганин, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ Л. М. Каганович, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ, СССР Шалти тата Тулашри Суту-илӳ Министрĕ А. И. Микоян, СССР Министрĕсен Совечĕн Государство План Комитечĕн Председателĕ М. З. Сабуров, РСФСР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ М. Н. Тарасов, СССР Министрĕсем М. Г. Первухин, П. К. Пономаренко, И. Ф. Тевосян, С. М. Тихомиров, С. А. Акопов, Н. И. Носенко, Н. Д. Псурцев, С. Н. Круглов, А. Н. Косыгин, П. А. Юдин, К. П. Горшенин, ВЦСПС Председателĕ Н. М. Шверник, Совет Союзĕн Маршалĕ В. Д. Соколовский, СССР Верховнăй Сучĕн Председателĕ А. А. Волин, Генеральнăй Прокурор Р. А. Руденко, РСФСР Çутĕç Министрĕ И. А. Каиров, СССР Министрĕсен Заместителĕсем А. А. Громыко, И. Г. Кабанов, С. В. Кафтанов, М. А. Евсеенко, К. Я. Сергейчук, Д. В. Павлов, П. В. Гусенков, В. А. Зорин, С. А. Борисов, И. В. Ковалев, С. З. Гинзбург, И. К. Сиволап, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. М. Пегов, ССР Союзĕн Германири Верховнăй Комиссарĕ посол В. С. Семенов, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Коллегийĕн членĕ Г. М. Пушкин, СССР Шалти тата Тулашри Суту-илӳ Министерствин Демократиллĕ Германи Республикинчи Уполномоченнăйĕ И. Ф. Семичастнов, Моссовет Председателĕ М. А. Яснов, Мире Хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн Председателĕ Н. С. Тихонов, Авиаци Маршалĕ П. Ф. Жигарев, Арми генералĕ М. С. Малинин, Адмирал Н. Е. Басистый, Генерал-полковник Ф. Ф. Кузнецов, Генерал-лейтенантсем Л. И. Брежнев, М. А. Шалин, К. Р. Синилов, СССР министерствисен ответлă сотрудникĕсем, общественноçпа пресса представителĕсем, наукăпа искусство деятелĕсем. (ТАСС).

# Тырпул пухса кĕртес ĕçе хăвăртрах вĕçлер

Республикăри чылай районсем иртнĕ пилĕккунлăхра, уйчченхи пекех, тырпул пухса кĕртес ĕçре татăклă улшăнусем тăваймарĕç. Пĕтĕм республикипе илсен, иртнĕ пилĕк кун хушшинче 12 процент чухлĕ ӳсĕм тунă пулсан, хăшпĕр районсенче вара ĕç хăвăртлăхĕ унтан та пĕчĕкрех.

Ĕç вăраха кайни пысăк хăрушлăх патне илсе пырать: чылай колхозсенче тырă нумай тăккаланать. Ку çеç мар, тырă вырас ĕç юлса пыни хуçалăхри ытти пит̆ĕ кирлĕ ĕçсене вăхăтра тума чăрмантарать.

Тырпул тухăçлăхĕ ан чактăр, тăкаксем пачах ан пулччăр тесен, çак кунсенче ĕç хăвăртлăхне темиçе хут ытларах ӳстерни кирлĕ. Анчах нумай колхозсем, тырпул нумай тăккаланать пулин те, ĕç хăвăртлăхне ӳстерме васкавлă мерăсем йышăнмаççĕ. Тырă вырас ĕçре уйрăмах Пăрачкав, Улатăр, Тăвай, Канаш, Сĕнтĕрвăрри районĕсем юлса пыраççĕ. Сăлтавĕ акă мĕнре: асăннă районсенче нихăшĕнче те комбайнсемпе тата ытти машинăсемпе тухăçлă ĕçлемеççĕ. Тăвай районĕпе Сĕнтĕрвăрри районĕсенче вара комбайнсемпе ĕçлеме тытăнманпа пĕрех тесен те юрать. Вырнă тырпулран çак районсем 36—37 процентне кăна комбайнсемпе пухса илнĕ.

Тырра çиĕнчес пушатман пирки, шыв е горючи вăхăтра кӳрсе паман пирки чылай комбайнсем сехечĕ-сехечĕпе ĕçлемесĕр лараççĕ. Техникăлла кăлтăксем час-часах пулаççĕ, кусса çӳрекен мастерскойсем кирлĕ пек ĕçлемеççĕ. Çавсене пула та комбайнерсем хăйсен машинисемпе тухăçлă ĕçлемеççĕ. Хăшпĕр колхозсен руководителĕсем комбайн агрегачĕ патĕнче ĕçлеме çынсем çитерĕксĕр уйăрса пани те пысăк чăрмавсем кӳрет.

Уй-хирти хальхи ĕçсене йăнăçлă туса пыма, вăрлăх хатĕрлеме тата государствăна тырă парассине хăвăртлатма итемсен çинчи ĕçсене механизацилемени те нумай чăрмантарать. Витнĕ итемсем, сушилкăсем, авăнсемпе лупасайсем вăхăтра туман пирки тата вĕсене кирлĕ чухлĕ хатĕрлеме халĕ те тивĕçлĕ мерăсем йышăнмен пирки авăн çапас ĕç чăтма çук юлса пырать. Вырнă тырпултан Октябрьски районĕ 29 процентне кăна, Советски районĕ 30 процентне, Вăрмарпа Хĕрлĕ Чутай районĕсем 35 процентне, Куславкка районĕ 37 процентне кăна çапнă. Кĕлтесене капана хывас ĕç юлса пырать. Елчĕк районĕнче, сăмахран, вырса пăрахнă мĕнпур тырпултан çурринĕ те итемсем çине турттарса капана хывман-ха. Ĕç малашне те çапла пулса пырсан, асăннă районсенчи колхозсен тăкаксем пысăк пулассн каламасăрах паллă ĕнтĕ.

Çанталăк час-часах улшăнма пуçларĕ. Çавна май кирлĕ чухлĕ сушилкăсем, витнĕ итемсем хатĕрлес ыйту çивĕччĕн тухса тăрать. Вĕсем çук пулсан, халех тăвас пулать. Унсăрăн нихăш колхоз та тăкаксенчен сыхланма пултараймасть. Ялхуçалăхпа хатĕрлев управленийĕсем, МТС дирекцийĕсем витнĕ итемсемпе лупасайсем, сушилкăсемпе авăнсем тумалли плана тултарма халех васкавлă ĕçсем тума тивĕç.

Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçĕн пĕтĕм йăнăçлăхне паянхи хĕрӳллĕ кунсем татса параççĕ. Çак кунсенче мĕнпур комбайнсемпе, жнейкăсемпе, молотилкăсемпе тухăçлă ĕçлес пулать. Ку машинăсемпе талăкра сахалтан та 20 сехетрен кая мар ĕçлемелле, кашни кун нормăна иртерсе тултарма тăрăшмалла. Мĕнпур вăй, мĕнпур ĕç хатĕрĕсене тырпула хăвăртрах пухса кĕртес ĕçе мобилизацилес пулать. Пирĕн колхозсем кăçал уй-хирти тырпулпа кăна мар, кĕлтесемпе амбарсенчи тырпулпа, ĕçкунĕсем тăрăх валеçсе памалли тырăпа пит̆ĕ пуян пулма тивĕç.

Ялхуçалăхпа хатĕрлев органĕсем, колхозсемпе МТС руководителĕсем умĕнче паян çакăн пек задача тăрать: ĕçри мĕнпур çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле, тырпула часрах пухса кĕртме тата государствăна тырă памалли плана срокчен тултарма, уй-хирти ĕçсен пахалăхне ӳстерме пулăшакан майсемпе пуринпе те усă курмалла. Ялхуçалăхпа хатĕрлев министерствин тата унăн вырăнти органĕсен малта пыракансен опытне кĕркунне е хĕлле кăна мар, шăпах халĕ, уй-хирте хĕрӳллĕ ĕç пынă вăхăтра, анлăн сармалла. Анчах калас пулать, ялхуçалăхпа хатĕрлев органĕсем, çавăн пекех парти организацийĕсем малта пыракансен опытне куллен сарса пымаççĕ, ĕçре юлса пыракансене малта пыракансемпе танлашма кирлĕ чухлĕ пулăшмаççĕ.

Кĕлте турттарас, авăн çапас, тырпула типĕтсе тасатас ĕçсем çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Хальхи вăхăтра çак ĕçсем пĕри тепринчен юлса пыраççĕ-ха. Нумай районсенче комбайнпа пухнă хыççăн улăмăрпана пухса хумаççĕ, уй-хирех пăрахса хăвараççĕ. Тасатнă тырра висçе складсене хывас тата государство склачĕсене леçсе парас ĕçсем мĕнле пулса пынине ялхуçалăхпа хатĕрлев органĕсен куллен тĕрĕслесе тăрас пулать.

Кĕрхи кунсем çитсе тăнă май колхозсен хуçалăхĕнче ĕçсем нумайланнăçемĕн нумайланса пыраççĕ. Кĕрхи тырăсене çак кунсенчех акса пĕтермелле. Вăрлăх фонĕсене кирлĕ чухлĕ хатĕрлемелле. Кĕрхи сĕртме тума та вăхăтра тытăнмалла. Пахча çимĕçсем хатĕрлес, çĕрулми кăларас ĕçсем çинчен те манма юрамасть. Техникăлла культурăсене пухса кĕртес тата государствăна пама хатĕрлес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлемелле. Вылăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма çĕнĕ витесем тумалла, киввисене юсамалла. Вылăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе уйрăмах хытă тăрăшмалла. Халлĕхе ку ĕç ытла та начар пулса пырать. Тĕслĕхшĕн, силос хывас ĕçе илер-ха. Ку тĕлĕшпе çулталăкри плана республика çуррине те тултарман-ха. Çапла ĕнтĕ, хуçалăхри ĕçсем кашни кунах нумайланса пыраççĕ. Ялхуçалăхпа хатĕрлев органĕсен хăйсен ĕçĕнче çак уйрăмлăха асра тытас пулать. Çавна май колхозсене ертсе пырас ĕçĕн шайне те нумай ӳстермелле. Парти организацийĕсен ялхуçалăхпа хатĕрлев органĕсен, колхоз правленийĕсен тата МТС-сен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăмалла.

Хальхи вăхăтра колхозсемпе МТС-сенчи пуçламăш парторганизацисенче отчетпа суйлав пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Вĕсем ялти коммунистсен активлăхне, парторганизацисен кĕрешӳри пултарулăхне ӳстерме нумай пулăшрĕç. Парти организацийĕсен, колхозниксемпе колхозницăсен, МТС работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсен хастарлăхне пĕрмай вăйлатса пырса, тырпул пухса кĕртес ĕçе хăвăртрах вĕçлеме, государствăна тырă парас ĕçе хăвăртлатма мобилизацилемелле.

Парти организацийĕсен социализмла ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан аслă задачăсене колхозниксен анлă массине тĕплĕн ăнлантарса парас пулать. Партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительствин халăх валли кирлĕ таварсем нумайтарах туса кăларас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем пурнăçласа пыраççĕ. Халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине татăклăнах ӳстерес тесен,—терĕ СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче,—эпир, пуринчен малтан, ялхуçалăхне малалла аталантарса çĕклесишĕн тăрăшма тивĕç, ялхуçалăхĕ халăха—апат-çимĕç, çăмăл промышленноçа—чĕртавар парса тăрать. Пирĕн пит̆ĕ кирлĕ тивĕç çакă пулса тăрать: юлса пыракан районсемпе колхозсенче ялхуçалăхĕнчи йĕркесĕрлĕхе чи кĕске вăхăтра пĕтермелле, колхозсен общественăлла хуçалăхне хăвăрт аталантарса тĕреклетмелле тăвас пулать, çавна май колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх укça, тырпул тата ытти продуктсем парассине чылай ӳстермелле. Çак задачăна йăнăçлă пурнăçлама тырпул пухса кĕртес ĕçе хăвăртрах вĕçлени, государствăна тырă памалли плана срокчен тултарни тата ялхуçалăхĕнчи ытти ĕçсене кăтартуллă вĕçлени кирлĕ.

# Ялхуçалăхĕнчи пур ĕçсене те вăхăтра туса пырар!

**ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ТЫРПУЛ ПУХСА КĔРТЕС ĔÇ АВГУСТĂН 20-мĕшĕ ТĔЛНЕ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА**
(процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Тырăсем пухса кĕртнĕ | Комбайнсемпе вырнă | Капана хывнă | Авăн çапнă |
|---|---|---|---|---|
| Етĕрне | 89 | 71 | 100 | 58 |
| Чурачăк | 87 | 58 | 84 | 37 |
| Советски | 87 | 45 | 76 | 30 |
| Красноармейски | 86 | 47 | 67 | 31 |
| Муркаш | 86 | 55 | 54 | 38 |
| Хĕрлĕ Чутай | 85 | 82 | 90 | 35 |
| Елчĕк | 85 | 54 | 48 | 38 |
| Комсомольски | 83 | 43 | 55 | 41 |
| Элĕк | 82 | 58 | 73 | 33 |
| Первомайски | 82 | 45 | 61 | 46 |
| Чкаловски | 81 | 45 | 55 | 40 |
| Шăхасан | 81 | 46 | 69 | 38 |
| Калинино | 79 | 54 | 69 | 33 |
| Шупашкар | 78 | 49 | 57 | 37 |
| Йĕпреç | 77 | 72 | 97 | 51 |
| Çĕрпӳ | 77 | 58 | 66 | 40 |
| Ишлей | 76 | 52 | 60 | 40 |
| Вăрмар | 76 | 51 | 68 | 35 |
| Сĕнтĕр | 76 | 49 | 64 | 40 |
| Кувакино | 76 | 69 | 83 | 87 |
| Вăрнар | 75 | 48 | 69 | 42 |
| Октябрьски | 74 | 51 | 47 | 29 |
| Çĕмĕрле | 73 | 40 | 75 | 36 |
| Шăмăршă | 71 | 48 | 56 | 41 |
| Куславкка | 70 | 48 | 44 | 37 |
| Сĕнтĕрвăрри | 70 | 38 | 46 | 35 |
| Канаш | 69 | 62 | 55 | 39 |
| Тăвай | 65 | 37 | 52 | 40 |
| Улатăр | 65 | 55 | 67 | 67 |
| Пăрачкав | 60 | 53 | 68 | 72 |

**ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕМ ГОСУДАРСТВĂНА ТЫРĂ ПАМАЛЛИ ПЛАНА МĔНЛЕ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА**
Августăн 20-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Плана тултарнă |
|---|---|
| Шупашкар | 76 |
| Етĕрне | 74 |
| Ишлей | 71 |
| Шăхасан | 68 |
| Тăвай | 67 |
| Муркаш | 67 |
| Улатăр | 64 |
| Пăрачкав | 63 |
| Кувакино | 63 |
| Канаш | 58 |
| Елчĕк | 54 |
| Куславкка | 54 |
| Чурачăк | 51 |
| Вăрмар | 51 |
| Калинино | 49 |
| Красноармейски | 48 |
| Çĕрпӳ | 48 |
| Сĕнтĕрвăрри | 47 |
| Йĕпреç | 46 |
| Советски | 46 |
| Шăмăршă | 45 |
| Хĕрлĕ Чутай | 45 |
| Октябрьски | 45 |
| Комсомольски | 44 |
| Сĕнтĕр | 44 |
| Çĕмĕрле | 44 |
| Чкаловски | 44 |
| Вăрнар | 40 |
| Первомайски | 36 |
| Элĕк | 36 |

## Сĕт хатĕрлессине вăйлатмалла

ЭЛĔК. Малта пыракан колхозсем пуса татнă хыççăнах шыва хутса кăларса государствăна пама тытăнчĕç. «Правда» колхоз 206 центнер, «Молния», Калинин ячĕпе тăракан, «Красная заря», Чкалов ячĕпе тăракан колхозсем 40—50-шар центнер пуса панă та ăнтĕ.

Анчах районĕпе илсен государствăна сĕт парас ĕç начар пырать. 34 колхозран вуннăпĕшĕ çеç çав ĕçе хутшăннă.

**С. ТИХОНОВ.**

## Пысăк хастарлăх

ВĂРНАР. Çак кунсенче Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем нихçанхинчен пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсем, сессире Г. М. Маленков юлташ каланă сăмах ял ĕçченĕсене тырпула уй-хиртен пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарчĕç. Колхоз уй-хирĕнче 2 комбайн, жнейкăсем ĕçлеççĕ. Итем çинче «МК-1100» молотилкăпа пĕр чарăнмасăр авăн çапаççĕ. Транспорт бригади çапнă тырра икĕ автомашинăпа хатĕрлев пунктне турттарса тăрать.

Колхозниксем сесси материалĕсемпе паллашаççĕ. Акă, итем çинче кăнтăрлахи кану вăхăтĕнче агитатор калаçу ирттерет. Колхозниксемпе колхозницăсем хăмăллăн калаçаççĕ.

— Эпир СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсене чĕререн ырлатпăр,—тет молотилка машинисчĕ Г. Запасов юлташ.—Ялхуçалăхĕ тата хăвăртрах малалла кайĕ. Кĕске вăхăтрах халăх валли апат-çимĕç, промышленность валли чĕртавар нумай туса хатĕрлĕпĕр. Эпир халĕ колхозран тырăпа пахча çимĕç чылай илетпĕр. Пирĕн кил çумĕнчи пахчасенче панулмипе çырласем туса илме тăрăшмалла. Эпĕ кил çумĕнче лайăх сад тăватăпах.

Колхоз председателĕ М. Федоров юлташ колхозниксене артель садĕнчен çамрăк улмуççисемпе çырла йывăççисем парса пулăшма май пурри çинчен пĕлтерчĕ. Вăл çавăн пекех ĕнесĕр колхозниксене ĕне илме артель правленийĕ пулăшма палăртни çинчен каларĕ.

Ял ĕçченĕсем, çĕршыва ялхуçалăх продукчĕсем ытларах парас тесе, тата хастарлăрах ĕçлеме пулаççĕ. Вĕсем государствăна тырă памалли плана сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн кĕрешӳ пуçарса ячĕç.

**П. ТИХОНОВ.**

## Ăмăрту анлăн саралнă

ЕТĔРНЕ. «Большевик» колхозри бригадăсем тата уйрăм колхозниксем хушшинче тырпула хăвăрт та пĕр тăккаламасăр пухса кĕртессишĕн социализмла ăмăрту анлăн саралнă. Пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлени ӳсĕмсем тума пулăшрĕ. Колхоз кĕрхи тырăсене планпа пăхниччен икĕ кун малтан вырса пĕтерчĕ. Вырнă тырра капана хывсах пыраççĕ, кĕрхи тырăсене пĕтĕмпех çапса пĕтерсе пӳлмене хывнă. Халĕ колхозниксем хĕрсех суртри выраççĕ, кĕраки тăваççĕ.

Уйри тырпула пухса кĕртес ĕçе уйрăммăнах виççĕмĕш бригадăра лайăх йĕркеленĕ. Кунта пĕтĕм ĕç сдельщина йĕркипе пулса пырать. Бригадăра ĕç нормине тултарса пыман колхозниксем çук. Г. Ильина, М. Романова, Т. Ятрушева тата ытти чылай колхозниксем кулленхи нормăна 120—130 процент тултарса ĕçлеççĕ. 77 çулхи Матвей Николаев та хире кашни кулленех тухать, нормăна тултарса ĕçлет.

Колхозра массăлла ĕçе те лайăх йĕркеленĕ. Кану вăхăтĕнче агитаторсем колхозниксемпе калаçусем ирттереççĕ, хаçатсем вуласа, тĕнчери лару-тăру çинчен каласа параççĕ. Колхозра стена хаçачĕ, бригадăсенче боевой листоксем тухаççĕ. Вĕсенче уй-хирте малта пыракансен ĕç опытне анлăн çутатаççĕ. Колхозра Хисеп хăми пур.

Ĕç хыççăн бригадăсенче колхозниксен производствăлла канашлăвĕсем пулаççĕ. Бригадирсем колхозниксене паян кам мĕнле тата мĕн чухлĕ ĕçленипе, бригада умĕнче ыран тăракан ĕçсемпе паллаштараççĕ.

Колхоз ĕçченĕсем уй-хирти пĕтĕм ĕçсене сентябрь уйăхĕ пуçланнă тĕле вĕçлессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

**Н. ЦВЕТКОВ.**
(Хамăр корр.).

## Пултаруллă шофер

ЕЛЧĔК. «Трактор» колхозра К. Саландаев шофера пурте ырă ятпа асăнаççĕ. Вăл виççĕмĕш çул ĕнтĕ колхозра шофер пулса ĕçлет, хăйĕн ĕçне ăста пĕлет, юратса тăвать.

Колхозниксем тырпула кĕске срокра пухса кĕртессишĕн, государствăна срокчен тырă парса татассишĕн кĕрешеççĕ. Çак пархатарлă ĕçре колхозниксене Саландаев шофер нумай пулăшать. Унăн машини «Трактор» колхозпа Пава хули хушшинче вĕçĕмсĕр чупать. Ку таранччен кунне виç-тăватă рейс туса пынă пулсан, халĕ вăл çичĕ рейс тăвать. Колхоз государствăна тырă памалли обязательствăна часах пурнăçлать.

**Г. АЛТЫНОВ.**

## Кĕраккине хăвăртлатмалла

СОВЕТСКИ, августăн 21-мĕшĕ. (Телефонпа). Ялхуçалăх ĕçĕсене тĕрĕс йĕркеленĕ колхозсем кĕрхи тырăсене акса пĕтерчĕç. Ленин ячĕпе тăракан, «Правда» колхозсем кĕрхи тырăсене кĕске вăхăтра тата агротехника кăтартăвĕсене пурнăçласа акрĕç, «Герой», «Ильич» колхозсем те наян-ыран акса пĕтереççĕ.

Асăннă колхозсенче ĕç ăнăçлăхне машинăсемпе тухăçлă ĕçлени татса пачĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхоз лашапа ĕçлемелли сеялкăсемпе 310 гектар, çине ыраш, 12 гектар çине кĕрхи тулă акса районти колхозсенчен малтан кĕраккине вĕçлерĕ.

Анчах пĕтĕмĕшпе илсен районта кĕрхи тырăсем акас ĕç япăх пулса пырать. Ку вăл колхозсем ĕçе çителĕксĕр организацилениинчен тата сĕртме пуссине вăхăтра хатĕрлемениинчен килет.

Паянхи куна Калинин ячĕпе тăракан колхоз 10 гектар, «Красное Сормово» колхоз 61 гектар, Шверник ячĕпе тăракан колхоз 65 гектар çеç акнă.

МТС машинисем çине çеç шанса ларас йăла кĕрхи сĕртме тăвас ĕçре те курăнать. Шверник ячĕпе тăракан колхозăн тыррисем те тăкăнаççĕ, кĕрхи сĕртме тума та пуçăнман.

Кун пек тĕслĕхсем районта татах та пур пулин те, ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ çав çитменлĕхе пĕтерме тăрăшни палăрмасть.

**И. АНДРЕЕВ.**

**ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕМ КĔРХИ ТЫРĂСЕМ АКМАЛЛИ ПЛАНА АВГУСТĂН 20-мĕшĕ ТĔЛНЕ МĔН ЧУХЛĔ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА**
(процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Мĕн пурĕ акнă | Тулă акнă |
|---|---|---|
| Йĕпреç | 82 | 74 |
| Елчĕк | 80 | 13 |
| Кувакино | 80 | 106 |
| Чкаловски | 80 | 25 |
| Шăхасан | 74 | 38 |
| Канаш | 74 | 93 |
| Первомайски | 74 | 72 |
| Шупашкар | 71 | 39 |
| Шăмăршă | 70 | 38 |
| Вăрмар | 70 | 31 |
| Комсомольски | 69 | 9 |
| Октябрьски | 69 | 100 |
| Ишлей | 68 | 59 |
| Красноармейски | 66 | 33 |
| Çĕрпӳ | 66 | 40 |
| Муркаш | 65 | 35 |
| Сĕнтĕр | 64 | 43 |
| Вăрнар | 64 | 71 |
| Чурачăк | 64 | 53 |
| Куславкка | 62 | 48 |
| Тăвай | 60 | 89 |
| Хĕрлĕ Чутай | 59 | 50 |
| Çĕмĕрле | 57 | 87 |
| Советски | 57 | 12 |
| Калинино | 57 | 23 |
| Элĕк | 56 | — |
| Пăрачкав | 52 | 16 |
| Сĕнтĕрвăрри | 52 | — |
| Етĕрне | 51 | 14 |
| Улатăр | 49 | 100 |

## Агротехника кăтартăвĕсене пурнăçласа

ИШЛЕЙ. «За коммунизм» колхоз иртнĕ çул ыраш тата тулă вăрлăхĕсене пĕрчĕлетнĕ суперфосфатпа хутшăнтарса акрĕ. Çапла туни кĕрхи тырăсене пĕр пек çăра шăтма тата лайăх хĕл каçма пулăшрĕ. Çуркунне юр айĕнчен тухсанах калчана кашни гектар çине 100 килограмм аммиак селитри сапса апат панă. Вăй хуни сая каймарĕ. «Ульяновка» сортлă кĕрхи тулă кашни гектартан 26-шар центнер тухрĕ. «Вятка» сортлă ыраш кашни гектартан çĕр пăтран кая мар тухать.

Колхозниксем çĕре çемçетсе, çĕнетсе пыраççĕ. Кăçал сĕртме тунă лаптăк çине 6.300 лав тислĕк кăларчĕç. Сĕртме пуссине çу каçипех таса тытнă, çемçетсе тăнă. Пĕтĕм лаптăк çине вăрлăх участокĕсенче туса илнĕ, пысăк пахалăхлă тырă акса хăварнă. Вăрлăха пĕтĕмпех пĕрчĕлетнĕ суперфосфатпа хутăштарса акнă. Суперфосфата ыраш акнă кашни гектар лаптăк çине 100 килограмм, тулă акнă лаптăк çине 120 килограмм сапнă, кунсăр пуçне акнă лаптăкăн 75 процентĕ çине вăрлăха фосфоробактеринпа акнă.

Кĕрхи тырăсене вăхăтра акса хăварни пысăк тухăçлă тырпул туса илме май парать. Çавăнпа та «За коммунизм» колхоз кĕрхи тырăсене августăн 10—14-мĕшĕсенче акса пĕтерчĕ, акмалли плана 120 процент тултарчĕ.

Кĕраккинче 3-мĕш уй-хир бригади (бригадирĕ В. Смирнов юлташ) уйрăммăнах лайăх тĕслĕхсем кăтартрĕ. Бригада кĕрхи тырăсене 52 гектар çине икĕ кун хушшинче, пĕтĕмпех ретлĕ майпа акса хăварчĕ. Вăл шутран кĕрхи тулăна хĕресле майпа, кашни гектар çине 2,2 центнер нормăпа акса хăварнă.

Кĕрхи тырăсем акас ĕçре МТС 2-мĕш трактор бригадинчи О. Борисовпа Е. Яргунин трактористсем сменăри нормăна 170 процент тултарса ĕçлерĕç.

**Л. АНИСИМОВ,**
Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн аслă агрономĕ.

## Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕ В. И. Ленинпа И. В. Сталин Мавзолейĕ умне чечек кăшăлĕ хунă

Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министр О. Гротеволь ертсе пыракан Правительство Делегацийĕ, Мускава килсе çитсессĕн, августăн 21-мĕшĕнче В. И. Ленинпа И. В. Сталин Мавзолейĕ умне чечек кăшăлĕ хунă. Чечек кăшăлĕ çине çапла çырнă: «Генийлĕ Ленина, унăн ученикне тата унăн ĕçĕсене малалла туса пыракан Аслă Сталина. Демократиллĕ Германи Республикин Правительство Делегацийĕ».

Премьер-Министрпа пĕрле çаксем пулнă: Премьер-Министр Заместителĕсем В. Ульбрихт, О. Нушке, Л. Больц, Г. Лох, Демократиллĕ Германири Наци фрончĕн Наци Совечĕн Председателĕ профессор Э. Корренс, Государство План Комиссийĕн Председателĕ Б. Лейшнер, нимĕçсен ирĕклĕ профсоюзĕсен пĕрлешĕвĕн Председателĕ Г. Варнке, ирĕклĕ нимĕç çамрăкĕсен Союзĕн Центральнăй Совечĕн Председателĕ Э. Хонекер, Ял тата вăрман хуçалăх Министрĕ Г. Рейхельт, Тулашри тата Германири шалти суту-илӳ Министрĕ К. Грегор, Металлурги тата сăрт-ту промышленность Министрĕ Ф. Зельбманн, Демократиллĕ Германи Республикин Мускаври Дипломатиллĕ Миссийĕн Пуçлăхĕ посол Р. Аппельт, Германири демократиллĕ хĕрарăмсен Союзĕн Представителĕ И. Тиле, Демократиллĕ Германи Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Сотрудникĕ П. Флорин тата ытти официальнăй çынсем. (ТАСС).

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Ĕçе тĕрĕс пĕлсе ертсе пымалла

СЕРПУ. Мичурин ячĕллĕ тăракан колхозри коммунистсем хăйсен пуçламăш парторганизацийĕн кăçалхи отчетпа суйлав пухăвне партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешӳре палăрнă ӳсĕмсем тупнипе иртрĕ.

Парторганизацире 24 коммунистпа кандидат. Вĕсем общественăй хуçалăхăн тĕрлĕ отраслĕсенче ответлă вырăнсенче ĕçлеççĕ. Уй-хир бригадисем пурте кăçал лайăх тырпул туса илчĕç. Хăй вăхăтра тырпул пухса кĕртессипе, патшалăха тырпул парассин планне срокчен пурнăçлассипе ăмăрту анлăн сарăлнă. Общественăй выльăх-чĕрлĕх фермисем, сад, пахча, пахча çимĕç плантацийĕсем колхоза кăçал чылай нумай тупăш парассĕ.

Партбюро секретарĕ М. Иванов юлташăн отчетлă докладне сӳтсе явас ĕçе коммунистсем пысăк активлăхпа хутшăнчĕç, пренире 13 çын тухса калаçрĕ. Вĕсем колхозниксен хаклă кунсенче СССР Верховнăй Совечĕн 5-мĕш сессийĕн йышăннă решенийĕсене, çав сессире Г. М. Маленков юлташ каланă сăмахпа хавхаланса тата пысăк хастарлăхпа ĕçлени çинчен нумай тĕслĕхсем илсе кăтартрĕç.

Отчетла суйлав пухăвĕ коммунистсен активлăх малалла ӳснине, вĕсем халăхчен ситĕнӳсемпе лăпланмасăр çĕнĕ ӳсĕмсемшĕн тăрăшнине кăтартса пачĕ. Критикăпа самокритикăна анлăн сарса, вĕсем партбюропа правленин ертсе пырас ĕçри чылай ситменлĕхсене палăртрĕç.

К. Меркурьев, Е. Михайлова, М. Яковлев тата ытти юлташсем те партбюрона идеологилле ĕçе вăйлатасси çине сителĕксĕр пăхнăшăн критиклерĕç. Сведенисем çине пăхсан, парторганизаци сумĕнчи политшкулпа кружоксем лайăх ĕçленĕ, вĕренекенсем занятисене активлăрах сӳренĕ, темелле. Анчах ячĕшĕн сӳрени нимĕне те пĕлтермест.

Парти кашни коммунистăн марксизм-ленинизм теорине тарăнрах вĕренме, унпа практикăлла ĕçре творчестволлăн усă курма хушать. Идейлă политика тĕлĕшĕнчен хăй ĕçне пĕлекен руководитель кăна ĕçе тĕрĕс ертсе пыма пултарать.

Мичурин ячĕллĕ тăракан колхоз иртнĕ çулсенче ялхуçалăх культурисене пухса кĕртес тĕлĕшпе ытти колхозсене лайăх тĕслĕх кăтартнă. Юлашки çулсенче колхоз общественăй хуçалăхне аталантарас ĕçре нумай ӳсĕмсем тунă.

Юлашки çулсенче колхозăн общественăй выльăх-чĕрлĕх шучĕ нумай ӳсрĕ, ытти отраслĕсем те вăйлăн аталанчĕç. Савăн пирки вăрă тырпул пухса кĕртнĕ тапхăрта ĕç вăйĕ çитменни сисĕнет. Колхозри çав йывăрлăха сĕнтерме ... резервсем пур.

Пур, анчах производствăна лайăхлатмалли, колхозниксен ĕçне çăмăллатмалли майсене тупса палăртасси, вĕсене ĕçе кĕртмелле тăвасси, ку тĕлĕшпе правлени умĕнчи требованисене ӳстересси партбюрон ĕçĕнче тĕп вырăнта тăмасть-ха. Пухура коммунистсем колхоз производствине тĕпренех лайăхлатмалли пысăк резерв — электрификаци çинчен тĕплĕн чарăнса тăчĕç.

Мичурин ячĕллĕ тăракан колхоз кӳршĕллĕ ялти «Большевик» колхозăн гидроэлектростанцийĕнчен энерги илсе тăрать, унпа колхозниксен килĕсене тата учреждени çурчĕсене çеç çутатаççĕ-ха. Кунсăр пуçне колхозăн хăйĕн локомобиль вăйĕпе ĕçлекен электростанци пур. Локомобиле ĕçлеттерме топливо тата ытти кирлĕ япаласем туянма государство колхоза каялла тӳлемелле мар ссуда 12 пин тенкĕ укçа панă. Анчах, правлени, чи малтан унăн председателĕ И. Данилов коммунист механизаци ĕçне хакламаннипе, ку электростанцие халĕ те ĕçе яраймаççĕ. Трансформатора вăхăтра юсаман пирки халĕ кӳршĕллĕ ялтан илекен энергипе те авăн çапаймаççĕ.

Колхоз ытти 4 артельпе пĕрле Мăн Çавал шывĕ çинче чулпа бетонран гидроэлектростанци тăвать. Çитес çывăх вăхăтра строительство вĕçленсе çитет. Электроэнерги тĕлĕшĕнчен ку колхоз таврари чи пуян артельсенчен пĕри пулать.

Хуçалăх отраслĕсенчи йывăр ĕçсене анлăн механизацилес тĕлĕшпе хатĕрленӳллĕ ĕçсем тума, оборудовани туянма вăхăт çитнĕ ĕнтĕ, анчах правлени çаплипех васкамасть.

Колхозниксен хушшинчи политикăллă-массăллă ĕçе вăйлатас, социализмла ăмăртăва сарса пырас, коммунистсене политикăлла ĕçе активлă хутшăнтарас тĕллевпе партбюро виçĕ уй-хир бригадинче тата фермăсенче партгруппăсем тунă. Анчах вĕсем мĕнле ĕçленине партбюро хăй тăтăш тĕрĕслесе тăман, партгруппоргсене партилле ĕç меслечĕсене вĕрентсе пĕлме пулăшман. Ахальтен мар, отчетлă докладра та партгруппăсен ĕçĕ çинчен парторганизаци секретарĕ нимех те калаймарĕ. Отчетлă тапхăрта пурĕ те пĕр партгруппа мĕнле ĕçлени çинчен çеç сӳтсе явнă.

Тухса калакансем, колхоза ертсе пырас ĕçри ситменлĕхсене палăртса, партбюропа правленине выльăх апачĕ хатĕрлесси çине сахал пăхнăшăн, çулса пăрахнă çаран утине вăхăтра пухтарманшăн, силос хывмалли плана тултарманшăн критиклерĕç.

Пуху хăйĕн решенийĕнче партбюрон çĕнĕ составне партилле-организацилле, партилле-политикăлла ĕçе малалла лайăхлатма, ертсе пырас ĕçри кивĕ меслетсене пĕтерес тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнма хушса хăварчĕ.

Н. ВОЛКОВ,
(Хамăр корр.).

## Лайăх ĕçлекен киномеханиксем

УЛАТĂР. Районти культура пайĕнчи киномеханиксен коллективĕ халăха кино кăтартас ĕçе уйăхран уйăха лайăхлатса пырать.

Кăçалхи II-мĕш кварталта ялсенче планран ирттерсе 106 сеанс кино кăтартнă, финанс планне ирттерсе пурнăçланă.

Çак çитĕнӳсене тума киноработниксем хушшинче социализмла ăмăртăва анлăн сарни пулăшрĕ. Кунта кашни механик социализмла ăмăртăва хутшăнса договор тунă. Улатăр районĕнчи киномеханиксем Кувакино районĕнчи киномеханиксемпе ăмăртаççĕ. Вĕсем кино кăтартас ĕçре пĕр-пĕрин паха опычĕсемпе паллашаççĕ.

Улатăрти киномеханиксем хушшинче Монастырский юлташ палăрса тăрать. Вăл—чи лайăх киномеханиксенчен пĕри. Унăн ĕçĕнче хăйĕн профессине юратни, ялти культурăна лайăхлатассишĕн кĕрешни курăнать. Монастырский юлташа ялсенче хăнана кĕтнĕ пекех кĕтеççĕ. Икĕ постра ĕçлесе, вăл киносеанссем ирттермелли расписание яланах пурнăçлать. Сеанссем яланах вăхăтра, çирĕп расписани тăрăх пулаççĕ. Иккĕмĕш квартал итогĕсем тăрăх та вăл пĕррĕмĕш вырăна йышăнчĕ. Гривин киномеханика та районти ĕçсыннисем хисеплеççĕ. Социализмла ăмăрту итогĕсем тăрăх вăл иккĕмĕш вырăна тухрĕ.

Гривин юлташ 1949 çултанпа киномеханик пулса ĕçлет. Вăл Ленинградри кинотехникумра заочно вĕренет. Вĕренĕве ĕçпе таччăн çыхăнтарса, Гривин юлташ халăха кино кăтартассине пур енĕпе те ирттерсе тултарать.

Социализмла ăмăртура малта пыракансен опычĕ районти киноработниксем хушшине сарăлать. Производствăлла канашлусенче Монастырский тата Гривин юлташсем тăтăшах тухса калаççĕ, хăйсен ĕç опычĕпе паллаштараççĕ.

Коллективра идейăлла-политикăлла тата техникăлла пĕлӳсене ӳстерессине пысăк вырăна хураççĕ. Киномеханиксемпе политзанятисем ирттереççĕ. Унта партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕрентеççĕ. Малтанах занятисем уйăхра пĕрре пулса пыратчĕç, юлашки вăхăтра икшер хут ирттерме тытăннă.

Ĕçсыннисене кино кăтартассине лайăхлатнăшăн, плана ирттерсе пурнăçланăшăн Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет Президиумĕ панă куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялава Улатăр районĕнчи культура пайĕ аллинчех хăвармалла тунă. Пысăк наградăпа хавасланса, Улатăр районĕнчи киномеханиксен коллективĕ кино кăтартас ĕçе тата та лайăхлатма пулнă.

Б. ЮДИН.

## Колхоз театрĕн спектаклĕсем

Республикăри куçса çӳрекен колхоз театрĕ Атăл леш енчи торфопредприяти клубĕнче Г. Харлампьев çырнă «Чи илемли» пьесăна выляса пачĕ.

Ун хыççăн театр коллективĕ Чурачăк, Вăрнар, Шăхасан, Йĕпреç районĕсенчи колхозсене тухса кайрĕ.

Театр коллективĕ августăн 17-мĕшĕнче Кӳкеçри Культура çуртĕнче спектакль лартса пачĕ. Курма пыракансем нумай пулчĕç, артистсем вылянине кăмăллаçа йышăнчĕç.

Е. ВАСИЛЬЕВ.

*Районти хаçатсене пăхса тухни*

## Механизаторсен ĕçне тарăнрах те анлăрах çутатмалла

Кувакино районĕнчи «Колхозная правда» хаçат машина-трактор станцисен ĕçне лайăхах çутатса пымасть. Иртнĕ виçĕ уйăх хушшинче хаçат машина-трактор станцисен ĕçĕ çинчен пурĕ 23 материал пичетленĕ.

Анчах хаçатра механизаторсем çинчен çырнă статьясен шухăшĕ анлă мар, статьясенче критика çукпа пĕрех, çавăнпа вĕсем механизаторсене ĕçлеме кирлĕ пек пулăшаймаççĕ.

Машина-трактор станцийĕсем пĕтĕм ĕçе колхозсемпе тунă договорсем тăрăх туса пыраççĕ. Договорта кăтартнă ĕçсене ялхуçалăх механизаторĕсен кĕске срокра тата лайăх пахалăхпа тумалла. Вĕсем çакăншăн ответлă. Çав вăхăтрах çав договорсем колхозсен ответлăхне те хăпартаççĕ. Çапла вара МТС-па колхозсем тунă договор колхозсене организацине хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетме пулăшмалла. Тӳррипех каламалла: Кувакино районĕнчи Сурмайдан тата Кувакино МТС-ĕсем колхозсемпе тунă договорсене чыслăн пурнăçлассишĕн тăрăшмаççĕ. Çак МТС-сем колхозсенче суха тăвас, акас, тырă вырас ĕçсемпе договора пурнăçласа пыраççĕ. Анчах утă çулас, силос хывас, махоркăпа çĕрулми лартас, улăх-çарансене лайăхлатас, тислĕк тăкас ĕçсене тумаççĕ, çапла вара договора пурнăçламаççĕ.

Çакна «Колхозная правда» хаçат лайăх пĕлет. Çапах та хăйĕн страницисем çинче çав ыйтусене хускатмасть. Кăçал мĕн пурĕ те Малыгин юлташ çырнă «Типовой договора пурнăçламаççĕ» ятлă материала кăна пичетленĕ. Малашне «Колхозная правда» хаçатăн çак ситменлĕхе тӳрлетмелле.

Сурмайданпа Кувакино МТС-ĕсенче пуян техникăпа лайăх усă курма тăрăшакан механизаторсем — Васягин, Кривошеев трактористсем, Муратов, Горбунов бригадирсем, Горшков комбайнер сменăри нормăсене яланах тултарса ĕçлеççĕ. Хаçатăн малта пыракан механизаторсен паха опытне ытти механизаторсем хушшинче сарма тăрăшмалла.

МТС-сен тепĕр пысăк ситменлĕхĕ вăл—ĕçе кирлĕ пек йĕркелесе ситереймени, механизаторсен ĕç тухăçлăхне ӳстермелли майсене тупма тăрăшманни. Çакăн çинчен хаçатăн пĕр номерĕнче те усăмлăн каланă сăмаха курма çук. Ку питех те кирлĕ ыйту, хаçатăн çакна манма юрамасть.

Механизаторсем хушшинчи социализмла ăмăрту çинчен чылай материалсем пичетленĕ. Анчах çак ăмăртура тунă ... тĕлĕшпе хаçат сахал кăтартать. Ăмăрту организаторĕсем камсем, вĕсем мĕнле ĕçлеççĕ, ситĕнӳсем тăвас ĕçре мĕнле мелсемпе усă кураççĕ,—çаксене пĕр-икĕ материалта кăна курма пулать. Механизаторсен социализмла ăмăртăвĕ çинчен хаçатăн тарăнрах та анлăрах çутатмалла.

Машина-трактор станцийĕсен ĕçĕнче ытти ситменлĕхсем те пур. Уйрăмах Кувакино МТС-ĕ (директорĕ Слатенков юлташ) юлса пырать. Кăçалхи çуракинче тракторпа тумалли ĕçсен планне 98,5 процент кăна пурнăçланă. Хальхи вăхăтра комбайнсемпе тырă вырас ĕç те сителĕксĕр пулса пырать. Механизаторсенчен чылайăшĕ сменăри тата талăкри нормăсене тултармаççĕ. Ĕç дисциплинни начар. Апла пулин те хаçат çак МТС çинчен материалсем питех те сахал пичетлет.

Районти икĕ МТС-ра пуçламăш парторганизацисем пур. Хаçат çинче парторганизацисем механизаторсене умра тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлама мĕнле мобилизацилесе пыни çинчен пĕр йĕркере те курма çук. Çавăн пекех партилле-политикăлла тата культурăлла-массăлла ĕçе механизаторсем хушшинче епле туса пыни çинчен те хаçат пачах çырмасть. Ку ĕнтĕ Кувакино КПСС райкомĕ «Колхозная правда» хаçата куллен тишкерсе пыманнинчен те килет.

Хаçатăн тата çак ситменлĕх пур. Вăл механизаторсене хаçат ĕçне сителĕксĕр явăçтарать, хаçата трактористсем, комбайнерсем, машиноведсем, механиксем пачах çырмаççĕ.

Малтанхи вăхăтра «Колхозная правда» механизаторсем çинчен номертен номере тенĕ пекех çырса пычĕ. Уй-хирте ответлă тапхăр пуçлансан МТС-сем çинчен материалсем сахалтарах çырма пуçларĕ.

Машина-трактор станцисенчи трактористсем, комбайнерсем, машиноведсем халĕ кунне-çĕрне пĕлмесĕр ĕçлеççĕ. Районта 50 комбайн ĕçлет. Лайăх ĕçлесен вĕсем уйри тырăран виç чĕрĕкне пухса кĕртме пултараççĕ. Чылай комбайнерсем 150—170 гектар таран тырă вырнă та ĕнтĕ. Анчах хаçат çак паха тĕслĕхсене тăтăшах çутатса тăмасть-ха. Тырпула уйхиртен пухса кĕртнĕ вăхăтра «Колхозная правда» хаçатăн механизаторсем çинчен ытларах çырмалла, илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлама, кашни механизатора ăмăртса, лайăх тĕслĕхсем кăтартса ĕçлеме, пуян техникăпа туллин усă курма хавхалантармалла.

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

### „Хаçата редакци сотрудникĕсен статьисемпе тултараççĕ"

Июлĕн 15-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ «Хаçата редакци сотрудникĕсен статьисемпе тултараççĕ» ятлă статьяра Етĕрне районĕнчи «Коммунист» хаçатăн ситменлĕхĕсене кăтартса панăччĕ. Партин Етĕрне райкомĕ статьяра ситменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пани, районти хаçат ĕçне лайăхлатасси çинчен райком бюровĕнче ятарласа сӳтсе явни, ситменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

### „Ячĕшĕн йышăннă решенисем"

КПСС Чурачăк райкомĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра июлĕн 11-мĕшĕнче пичетленнĕ статьяна бюро ларăвĕнче сӳтсе явни çинчен пĕлтерчĕ. Парти райкомĕ статьяра асăннă ситменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

## Коммунист-писательсен пухăвĕнче

Çак кунсенче Чăваш совет писателĕсен Союзĕнчи пуçламăш парторганизацире отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ. Парторганизаци ĕçĕсем çинчен партбюро секретарĕ В. Алагер юлташ доклад туса пачĕ.

Отчетлă тапхăрта пуçламăш парторганизаци хăйĕн ĕçне самай лайăхлатнă. Парти организацийĕ, уйрăммăнах, писательсене политикăлла воспитани парассине ытти çулхинчен аванрах йĕркеленĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче чылай писатель-коммунистсем хăйсен политикăлла пĕлӳлĕхне хăпартассишĕн тăрăшса ĕçленĕ. Политикăлла пĕлӳлĕхе хăпартни писательсен пултарулăхне ӳстернĕ. Кăçал чăваш писателĕсен чылай лайăх кĕнекисем чăвашла та, вырăсла та пичетленсе тухнă.

Апла пулсан та парторганизаци ĕçĕнче ситменлĕхсем нумай-ха,—терĕç тухса калакансем. Отчет тăрăх пурĕ 8 коммунист тухса каласрĕ. Тухса калакансем парторганизаци ĕçĕнчи ситменлĕхсене лайăх кăтартса пачĕç.

— Пирĕн писательсем çырнă произведенисем халăх ыйтăвĕсене тивĕçтереймеççĕ. Чылай писательсен паянхи пурнăçăн темисемпе çырнă произведенийĕсем те идея тĕлĕшĕнчен тата илемлĕх енчен кирлĕ шайра тăмаççĕ-ха. Чăваш писателĕсен произведенийĕсем пирĕн çынсен кая юлнă шухăшĕсене сителĕксĕр критиклеççĕ. Чăваш литературинче юморпа сатира жанрĕсемпе çырнă произведенисем çукпа пĕрех. Чăваш литературинче писательсене ӳсме пулăшакан критика пачах çук теме те юрать, нумай чухне произведенисем çинчен пĕчĕк рецензисем çеç çыраççĕ.

Писательсен союзĕ писательсемпе сителĕксĕр ĕçлет, проза, поэзи, драматурги секцийĕсем нимĕн те тумаççĕ. Поэзи секцине П. Хузангай юлташа, драматурги секцине В. Ржанов юлташа ертсе пыма хушнă, анчах вĕсем секцисене пĕрре те пухман, писательсен çĕнĕ произведенийĕсене сӳтсе явман. Писательсен союзĕ çамрăк писательсемпе те сахал ĕçлет.

Хăшпĕр писатель-коммунистсем литературăлла журналсем кăларнă çĕрте ĕçлеççĕ, анчах вĕсем те хăйсен ĕçне кирлĕ пек туса пыраймаççĕ. «Ялав», «Тăван Атăл» журналсем кая юлса тухаççĕ. Ку коммунистсен ĕçри ситменлĕхĕсене парти пухăвĕсенче критикленĕ пулсан та, çав критика вĕсен хăлхине сахал кĕнĕ.

Çак ситменлĕхсем партбюро уйрăм коммунистсемпе сителĕксĕр ĕçленинчен, шанса панă ĕçе вĕсем мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тăманнинчен, вĕсен ответлăхне ӳстерменнинчен килнĕ.

Обществăлла ĕçсене хутшăнман коммунистсем те пур. Вĕсем çулталăкĕ-çулталăкĕпе нимĕн те тумаççĕ.

— Парторганизаци писательсене çул кăтартса тăракан вăй пулмалла, анчах пирĕн парторганизаци çав вăй пулса тăрать теме çук. Парторганизаци коммунистсене çителĕклĕ таран воспитани параймасть, уйрăм коммунистсен йăнăшĕсене уççăн кăтартса памасть. Партбюро уйрăмах писатель-коммунистсен пултарулăхне ӳстерес тĕлĕшпе сахал ĕçлет. Ку тарана ситсе те парти пухăвĕсенче уйрăм писателĕн-коммунистăн отчетне итлемен.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренмелли кружок йĕркеленĕччĕ, анчах та занятисене хăшпĕр коммунистсем ячĕшĕн анчах килсе ларатчĕç, конспектсем çырмастчĕç, калаçусене хутшăнмастчĕç. Апла пулин те партбюро вĕсене юсас тĕлĕшпе нимĕн те тумарĕ. Коммунистсене политикăлла воспитани парассине çӳлерех çĕклемелле. Политикăлла вĕренӳ çине формально пăхассине пĕтермелле,—тет Эсхель юлташ.

С. Шумков юлташ парторганизацири коммунистсен дисциплинни çителĕксĕррине кăтартса парать.

— Пирĕн парторганизацире хăйсене хăйсем тытма пĕлмен пирки взыскани илнĕ коммунистсем пур, хăшпĕр коммунистсем парторганизаци умĕнче те хăйсене мăнаçлă тыткалаççĕ. Акă, Сергеев-Турхан юлташ парти пухăвĕсене час-часах сиктерсе çӳрет, обществăлла ĕçе хутшăнмасть. Парторганизаци кун пек коммунистсен ситменлĕхĕсене пĕтерессишĕн сителĕксĕр кĕрешет,—тет вăл.

Тухса калакан пур юлташсем те парторганизацин ытти ситменлĕхĕсемпе умра тăракан задачăсем çинчен каларĕç.

А. АНТОНОВА.

# Румыни халăхĕн аслă уявĕ

Паян Румыни халăхĕ питĕ паллă кунà—хăйĕн çĕршывне фашизм пусмăрĕнчен ирĕке кăларнăранпа тăхăр çул çитнĕ куна паллă тăвать.

1944 çулхи августăн 23-мĕшĕнче, Совет Çарĕсем Яссыпа Кишинев патĕнчи çапăçусенче гитлерла çарсене аркатса тăкнă хыççăн, Румыни халăхĕ фашизм чуралăхĕн сăнчăрне татса пăрахрĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, Антонескун фашистла диктатурине сирпĕтсе антарса, гитлерла Германие хирĕç вăрçа хутшăнчĕ.

Çав кун хыççăн çур çул ытларах иртсен—1945 çулхи мартра—Румынири рабочи класс, ĕç хресченĕсемпе союзлă пулса, çĕршыври пĕтĕм демократиллĕ вăйсене хăй тавра пĕрлештерсе, власа чăн-чăн демократиллĕ правительство аллине илессине пурнăçларĕ, çĕнĕ пурнăç тума тытăнчĕ.

Реакци питĕ вирлĕн хирĕç тăнине çĕмĕрсе пырса, Румыни халăхĕ монархие, кивĕ буржуалла-помещикла йĕркесене пĕтерчĕ тата халăх демократи йĕрки туса хучĕ. Çак йĕрке çĕршыва экономика, политика тата культура енчен малалла ӳссе чечекленме çутă малашлăх уçса пачĕ.

Шуятра тата вăтам промышленноçа, транспорта, банксене тата страховой обществăсене национализацилесе, тулашри суту-илӳ тĕлĕшпе государство монополине туса хурса, Румынири ĕçсыннисем капитализмăн экономикăлла ... хавшатрĕç, çĕршывра экономика ытсĕршыв капиталне пăхăнса тăрассине пĕтерчĕç тата халăх хуçалăхĕ социализмла çулпа план тăрăх аталанса пымалли çирĕп никĕс хывăрĕç.

Çĕршыва индустриализацилес тĕллев тытса, Румыни халăхĕ хăйĕн паракатарнă ĕçĕпе, çавăн пекех Совет Союзĕ пур енчен те тата тăтăшах пулăшу парса тăнипе пула, çĕршыв экономикине хăвăрт тата вăйлăн аталантарма пултарчĕ.

1948 çул вĕçне Румынире промышленность производстви вăрçă умĕнхи шайран иртсе кайнă. 1949—1950 çулсенче халăх хуçалăхĕн пирвайхи планĕсене ăнăçлă пурнăçланине пула çĕршывра промышленность производстви, 1948 çулхипе танлаштарсан, 2,4 хут ӳснĕ. Халĕ Румынири ĕçсыннисем 1951—1955 çулсенче халăх хуçалăхне аталантармалли пилĕк çуллăх плана, социализм никĕсне тумалли плана ăнăçлă тултарса пыраççĕ. Çакăнпа пĕр вăхăтрах çĕршыва электрификацилемелли вунă çуллăх план пурнăçа кĕрсе пырать.

Пилĕк çуллăх план тăрăх металлурги, нефть, çĕр кăмрăк, машинăсем тăвакан промышленноçа малалла аталантарма, энергетика никĕсне чылаях анлăлатма, çавăн пекех çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕсене вăйлатма палăртнă. 1955 çулта строительство ĕçĕсен калăпăшĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 200 процента çитет. Пилĕкçуллăх хушшинче çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем туса лартаççĕ, кивĕ предприятисене çĕнетсе йĕркелеççĕ. 1955 çулта пĕтĕм промышленность продукцийĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 244 процента çитет. Пилĕк çуллăх план çавăн пекех ялхуçалăхне механизацилессине малалла ӳстерме палăртать. Пилĕкçуллăхра çĕнĕрен 290 машина-трактор станцийĕ тăваççĕ. Пĕтĕм машина-трактор паркĕ çакăн чухлĕ пулать: 31 пин трактор, пĕр пин комбайн, 3.250 молотилка тата ытти нумай ялхуçалăх машинисем пулаççĕ. Çакă вăл пĕтĕмпех ĕçсыннисен материальнăй тата культурăлла шайне малалла хăпартма пулăшать.

Халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те аталантарнине пула халăх массисен материальнăй тата культурăлла шайĕ калама çук нумай хăпарать.

Çĕршыва электрификацилемелли вунă çуллăх план тăрăх 1,196 пин киловатт хăватлă 13 теплоэлектроцентраль, пĕтĕмпе 764 пин киловатт хăватлă 24 электростанци тата темиçе пысăках мар электростанцисем тума палăртнă.

Электрификацилемелли плана пурнăçланине пула çĕршыври электростанцисен пĕтĕм хăвачĕ, кашни çын пуçне куçарса шутласан, 4 хут ытларах вăйланать. Электроэнерги туса кăларасси вăйланни промышленноçа, транспорта, ялхуçалăхне малалла аталантарма, ĕçсыннисен материальнăй пурнăçне тата вĕсен культурине чылаях ӳстерме май парать.

Халăх хуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе туса ирттерекен çак мĕнпур ĕçсене пурнăçа кĕртни Румыние юлса пыракан аграрнăй çĕршывран промышленность енĕпе вăйлăн аталаннă тата ялхуçалăхне механизациленĕ индустриллĕ-аграрнăй çĕршыв туса хурать.

Румынин государство промышленноçĕ пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пырать. Анà çĕнĕ техникăпа пуянлатнă. Çавна пула вăл халĕ унччен урăх çĕршывсенчен кӳрсе килнĕ чылай йышши продукцие хăех туса кăларма пуçланă. Хальхи вăхăтра çĕршывра гусеницăллă тракторсем, груз тиесе çӳремелли автомобильсем, комбайнсем, пăравуссем, нефть тата электротехника оборудованийĕ, металран тĕрлĕ япала тăвакан станоксем, шарикоподшипниксем, тинĕсре тата юханшывсенче çӳремелли суднăсем тата ытти нумай машинăсемпе япаласем туса кăлараççĕ. Халĕ çĕршыв пĕтĕм промышленность туса кăларакан продукци хисепĕнчен çуррине ытла машиностроени йышăнать.

Чугун тата хурçă туса кăларасси, нефть, çĕр кăмрăкĕ, тимĕр тăпри тата ытти çĕр айĕнчен кăларакан усăллă япаласем чавса кăларасси çултан-çул ӳсет.

Çĕршывра промышленность производстви шайĕ виçĕ хут ӳснĕ. Вуншар пысăк предприятисем тăваççĕ. Румыни çав стройкăсем валли Совет Союзĕнчен оборудовани илсе тăрать.

Румынири ялсенче пысăк улшăнусем пулса иртнĕ.

Пĕтĕм çĕршыври ĕç хресченĕсем коллективлă хуçалăхсене тата çĕрĕçне пĕрлешсе ĕçлемелли юлташлăхсене (ТОЗсене) хăйсен ирĕкĕпе пĕрлешеççĕ. Хальхи вăхăтра республикăра 1.966 коллективлă хуçалăх тата 2 пине яхăн çĕрĕçне пĕрлешсе ĕçлемелли юлташлăхсем пур. Вĕсенче 280 пин ытла ĕçхресчен çемйисем пĕрлешсе тăраççĕ. Государство хуçалăхĕсем тата коллективла хуçалăхсемпе ТОЗсем çĕршыври пĕтĕм сухаламалли çĕр лаптăкĕн тăватă пайĕнчен пĕр пайне яхăн йышăнаççĕ.

Вĕсем малта тăракан совет агротехникипе ĕçре усă курса вăйлă тырпул туса илеççĕ. Нумай коллективлă хуçалăхсенче тата ТОЗ-сенче тырпул тухăçлăхĕ уйрăм хуçалăхрисенчен вăтам шутпа гектартан 25—50 процент ытларах пулать.

Ялхуçалăхне тĕпренех çĕнетсе социализм çулĕ çине тăратас ĕçре машина-трактор станцийĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Хальхи вăхăтра çĕршывра 218 машина-трактор станцийĕ шутланать. Вĕсенче 9.650 трактор тата 25 пин ытларах кăкарса ĕçлемелли ялхуçалăх машинисем пур.

1953 çулта халăх хуçалăхне аталантармалли плана иккĕмĕш кварталта ăнăçлăн тултарни те Румыни экономикин çитĕнĕвне кăтартса парать. Румыни Халăх Республикин Центральнăй статистика управленийĕ пĕлтернĕ тăрăх, иккĕмĕш кварталта промышленность продукци туса кăлармалли плана 101,1 процент тултарнă, ялхуçалăхĕнче, ĕçсыннисен пурнăçне тата вĕсен культурăлла шайне хăпартас енĕпе чылай ӳсĕмсем тунă.

Румыни Халăх Республикин экономикин обществăн материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерес тĕллевпе малалла аталанса пырать. Çĕршывăн халăх хуçалăхĕ çĕкленсе пынипе пĕр вăхăтрах Румынири ĕçсыннисен пурнăçĕ тата культури ӳсет.

Сурт-йĕр тата культура строительстви Румыни историйĕнче нихçанхинчен те пысăкрах хăвăртлăхсемпе пурнăçа кĕрсе пырать. Бухарестра полиграфи промышленноçĕн пысăк центрне — «Скынтея» çуртне туса пĕтереççĕ, «Буфтя» кинотеатр çуртне тăваççĕ, столицăра метрополитен тума пуçланă. Пĕтĕм çĕршывĕпе пысăк çурт-йĕр строительстви пырать. Пур çĕрте те рабочисем тата служащисем валли пурăнмалли çĕнĕ çуртсем çитĕнсе лараççĕ, поселоксем тата хуласем тăваççĕ.

Çурт-йĕр строительствине тата хуласене çĕнĕлле йĕркелесине лайăхлатас тата малалла хăвăртлатас шутпа иртнĕ çулхи ноябрьте Халăх правительстви тата Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕ Бухареста тата çĕршыври ытти хуласене çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе постановлени йышăннă.

Рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи çултан-çул хăпарса пырать. Ĕç хресченĕсен тупăшĕсем пĕрмаях ӳсеççĕ. Румынире ĕçсĕр юлнă е кил-çуртсăр çынсем çук. Государство халăха вĕрентес ĕçе вăйлатас тата культура строительствине аталантарас, халăх сывлăхне сыхлас тата социальнăй обеспечени ĕçсене лайăхлатас тĕлĕшпе кашни çулах укçа-тенкĕ нумай уйăрса парать. Румынире буржуалла-помещикла строй вăхăтĕнче пачах хут пĕлменнисем тата хут сахал пĕлекеннисем 4 миллион çын ытла пулнă. Халĕ хут пĕлменлĕхе пĕтерес ĕç вĕçленсе пырать. Çĕршывра çичĕ çул таран укça тӳлемесĕрех вĕрентеççĕ. Рабочисен тата хресченсен ачисем професиллĕ шкулĕсене тата аслă шкулсене вĕренме кĕреççĕ. 1952—1953 çулсенче Румынире шкулсенче вĕренекенсен шучĕ нихçан пулман хисепе — 2.400 пин çынна çитнĕ. Çĕнĕ Румынире наука тата искусство халăхшăн ĕçлеççĕ.

Румыни халăхĕ социализм строительствинче тунă пысăк çитĕнӳсем Румыни государствин тăшманĕсене хытă тарăхтараççĕ. Империалистла реакци, Америка монополисчĕсем пулăшса тăнипе, Румыни халăхĕ яланлăхах сирпĕтсе антарнă буржуалла-помещикла пусмăра çĕршыва каялла тавăрас сĕмсĕр шухăшпа пурăнать. Америка империалисчĕсем Румынире сăтăрлă ĕçсем тума укçа-тенкĕ нумай уйăрса параççĕ, унта шпионсемпе диверсантсене вăрттăн яраççĕ. Анчах Румыни халăхĕн тăшманĕсем халăх демократи стройне хавшатма хăтланни путланса ларать. Румыни республикинчи ĕçсыннисем хăйсен историлле çĕнтерĕвĕсене куç шăрçине сыхланă пек сыхлаççĕ.

Румыни халăхĕ хăйĕн çĕршывĕн пĕтĕм тĕнчери авторитетне çирĕплетес тĕлĕшпе пысăк ӳсĕмсем турĕ. Совет Союзĕ ертсе пыракан хăватлă лагерьте — демократи тата социализм лагерĕнче Румыни çирĕп вырăн йышăнса тăрать. Румыни, социализм лагерĕнче тăракан ытти çĕршывсем пекех, мире юратакан тулашри политика тытса пырать, пĕтĕм тĕнчери мĕнпур ыйтусене мирлĕ майпа татса парассишĕн, пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессишĕн çирĕппĕн кĕрешет.

Румыни халăхĕ паян—уяв кунĕнче хăй юлашки 9 çул хушшинче утса тухнă пурнăç çулĕ çине савăнăçлăн пăхать. Вăл совет халăхне тата унăн ирĕке кăларакан çарне — Совет Çарне хăй хĕрӳллĕн юратнине тата тав тунине палăртать. Совет Союзĕ ыра кăмăлпа пулăшса тăни Румыни халăх хуçалăхне малалла аталантарма, çĕршывăн пĕтĕм тĕнчери авторитетне çирĕплетме май панине ĕçсыннисем яланах асра тытаççĕ.

«Вăрçă хыççăнхи çулсенче, — тесе çырать Румыни Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Г. Георгиу-Деж,—аслă Совет Союзĕпе туслă пурăнни тата пĕр союзра пулни, вăл тӳрĕ кăмăлпа тăванла пулăшса пыни демократиллĕ Румыни государствин никама пăхăнманлăхне тата суверенитетне туса хумалли никĕс, пирĕн çĕршывра ăнăçлăн социализм тумалли никĕс пулчĕ».

Румыни халăхĕ, Совет Союзĕ тăванла пулăшса пыни çине таянса тата халăх демократи çĕршывĕсемпе килĕштерсе ĕçлени çине таянса, рабочисен партийĕ ертсе пынипе, социализм çулĕпе шанчăклăн малалла пырать.

А. МЕРКУЛОВ.

# Сесси хыççăн колхозра

Халĕхи вăхăтра кăнтăрла колхоз председательне ялта сайра хутра кăна курма пулать. Çавăнпа эпир Сталин ячĕпе тăракан колхоз правленине хĕвел тухса сарăлнă вăхăтра пырса кĕтĕмĕр.

Уй-хир бригадирĕсем кĕске вăхăтлăха канашлăва пухăннă-мĕн. Малтан бригадирсем иртнĕ кунсенче тунă ĕçсем çинчен каласа кăтартнă. Колхоз председателĕ Михаил Петрович Яковлев юлташ çитес кунсенче мĕн тумалли çинчен калать.

— Сесси решенийĕсемпе Г. М. Маленков юлташăн сăмахне йĕлантарса панă хыççăн колхозниксем хастарлăрах ĕçлеме, пуçаруллă пулма пуçларĕç. Государствăна тырă памалли графика 300 процент тултартăмăр. Коммунист Георгий Яковлев «БР-23» молотилка айне веялка алăне хартса тырра тасатса кăлармалла турĕ. Ку вăл тырă сăвăрассине нумай хăвăртлатать.

— Вĕсене курса эпир те молотилка патне ала лартрăмăр,—председатель сăмахне пÿлсе каларĕ 4-мĕш бригадăн бригадирĕ Филипп Шишкин.

— Рационализаторсен сĕнĕвне хăвăрт сарни аван япала,—малалла калама пуçларĕ Яковлев.—Кăçал эпир пур бригадăсен итемĕсене те вăй çитнĕ таран механизацилесе электричествăпа ĕçлемелле турăмăр. Пирĕн халĕ техника нумай. Пирĕн задача—хамăра государство панă машинăсене лайăх ĕçлеттерсе, тырпула вăхăтра тăккаламасăр пуçтарса кĕртесси. Комбайнпа вырни кашни гектартан 15 центнер ыраш, 18 центнер тулă тухнине кăтартса пачĕ. «Пирĕн çĕршыв, пирĕн колхозсем выраçченкипе мар, амбарсене пухса кĕртнĕ тырпулпа пуян пулма пултараççĕ», тесе каларĕ Маленков юлташ. Тырпула лайăх пухса кĕртсен, эпир, государствăна панă тата тĕрлĕрен фондсем хывнă хыççăн, колхозниксене ĕçкунĕшĕн пĕлтĕрхинчен нумай ытларах тырă валеççе пама пултаратпăр. Пирĕн тĕллей—хамăрăн алăра. Партипе правительство пире пурнăçа лайăхлатмалли çул-йĕре кăтартса пачĕç. Ăна пурнăçласси вара пиртен хамăртан килет... Тырпул пуçтарса кĕртнĕ вăхăтра вылькăх апачĕ хатĕрлесси çинчен те манас мар. Комбайн пăрахса хăваракан улăма çийĕнчех пуçтарса купалас. Силос хывмалли плана 60 процент кăна тултарнă-ха эпир. Ыран пур бригадăсем те клевер каюне çулса силос хывнă çĕрте ĕçлеме сын, туртăм вăйĕ уйăрăр...

Итлесе ларакан бригадирсем кăшт пĕшкĕнчĕç те, чĕркуççи çинче выртакан блокночĕсем çине çырма пуçларĕç.

Бригадирсем тухса кайсан эпир председателе хамăр мĕншĕн килни çинчен пĕлтертĕмĕр.

— Эпĕ строительство бригадипе фермăсене каятăп. Тен, эсир те пĕрле пыма кăмăл тăватăр?—терĕ Яковлев пирĕн сăмаха итлесе пĕтерсен.

Республикипе паллă доярка Нина Яковлевна Яковлева опычĕпе паллашас шутпа килнĕччĕ эпир колхоза. Çавăнпа эпир председатель фермăсене каятăп тенине илтсен хĕпĕртерĕмĕр.

Çул май председатель колхозри строительсем çинчен каласа пычĕ.

Иртнĕ çулсенче колхоз обществăлла вылькăх-чĕрлĕх валли çуртсем нумай лартнă. Пĕлтĕр ятарласа çамрăк пăрусене сивĕ çĕрте хĕл каçармалли пÿрт тата государствăна памалли сыснасене çитерсе самăртмалли вите тунă. Кăçал вара лаша вити, кирпĕчпе чултан силос башни, сысна ферми валли питĕ пысăк кормокухня тата ытти те тума палăртнă. Вĕсене тума икĕ бригада организациленĕ, пĕр бригадăра—бетонщиксем, тепринче — платниксем. Платниксене колхозри комсомол организацин секретарĕ Василий Крылов ертсе пырать.

— Плана палăртнă çуртсене туса пĕтернипе пĕрех ĕнтĕ. Маленков юлташ сăмахне çÿтсе явнă хыççăн эпир строительствăна тата ытларах вăйлатма шутларăмăр,—тет Яковлев юлташ.—Икĕ çул каярах эпир Хĕр шывĕ çине электростанци лартрăмăр. Халĕ çав шыв çинех концентратсем авăртмалли арман тума тытăнтăмăр.

Эпир питĕ пысăк кормокухня патне çитсе тăтăмăр. Унăн стенисене шлак-бетонран тунă. Кухня тăршшĕ 16 метр, сарлакăшĕ 12 метр. Машинăсем лартмалли пÿлĕм стенисен никĕсне чулран хывнă.

— Ĕçсем мĕнле пыраççĕ?—платниксене сывлăх сунчĕ председатель.

— Юлашки пăтасем çапатпăр,—илтĕнчĕ кормокухня тăррине витекен Крылов сасси.

Комсомолец Крылов хăйĕн бригадинчи ĕçе пысăк заводăн конвейерĕ пек йĕркеленĕ. Пĕрисем электричество вăйĕпе ĕçлекен рамăпа хăма çурса тăраççĕ, теприсем ăна саваласа якатаççĕ, хăй вăл кухня тăррине витет.

— Бетонщиксем ăçта?—ыйтрĕ председатель.

— Кормокухньăн шалти ĕçĕсене туса пĕтереççĕ,—пăта çапнă хушăрах ответлерĕ Крылов.

Михаил Кириллов ертсе пыракан бетонщиксен бригади кухньăра чансем вырнаçтарать-мĕн. Чансене çурри таран çĕр айне чавса лартаççĕ те, цементпа çирĕплетеççĕ.

Ĕне ферми патне çитнĕ чухне юрланă сасă илтĕнме пуçларĕ. Сывăхарах пырсан пĕр хĕрарăм витене известь шĕвекĕ тултарнă витре сĕклесе кĕни курăнчĕ.

— Мĕнле концерт сирĕн унта?—ферма заведующийĕнчен Давыд Ивановран ыйтрĕ председатель.

— Тăватă кун каярах сесси материалĕсене çÿтсе яврăмăр. Г. М. Маленков юлташ каланă сăмах çав тери хавхалантарчĕ дояркăсене. Вĕсем витене хăйсен вăйĕпе юсаса хĕле хатĕрлеме сăмах пачĕç. Халĕ, хăвăрах илтетĕр, юрла-юрла витене шуратаççĕ.

Председатель Иванова эпир Яковлева дояркăпа курса калаçма килни çинчен пĕлтерчĕ.

— Ĕçлекен сынна пĕртте чăрмантарас килмест. Кăшт каярахпа курса калаççан аванрах пулмĕ-ши?—пирĕн çине ыйтуллăн пăхса илчĕ Иванов. Унччен фермăри ытти ĕçсемпе паллашăр.

Ĕне ферминче курса паллашмалли нумай. Пĕр картара пăрусем тăраççĕ. Вĕсем пÿртре хутман пÿртре хĕл каçнă. Халĕ вĕсене колхоз государствăна аш-какай пучĕпе парать. Пăрусен чĕрĕ виçи 180—190 килограмм. Сивĕ çĕрте хĕл каçнă пăрусенчен пĕри те чирлемен тата . вĕсем ăшă пÿртре пурăнаканнисенчен хăвăртрах ÿсеççĕ.

— Аш-какай хатĕрлемелли плана мĕнле тултарса пыратăр?—ыйтрăмăр эпир председательтен.

— Плана тултарнăпа пĕрех,—ответлерĕ председатель.

— Сĕт парса татрăмăр,—калаçăва хутшăнчĕ ферма заведующийĕ Иванов юлташ.

— Апла квитанцисене бухгалтерине тăрат. Ыранах автомашина илме кăларса яратпăр,—савăнăçлăн илтĕнчĕ председатель сасси.

Колхоз автомашинă илесшĕн. Ăна илме государствăна планран ирттерсе 30 пин килограмм сĕт сутнă. Çавăн çинчен савăнса каларĕç вĕсем.

Ферма çумĕнчи сепараторнăй пунктра кашни доярка хăш ĕнерен мĕн чухлĕ сĕт суса илнине паллă туса пурне те курăнмалла вырăна çакса хураççĕ. Нина Яковлевăпа унăн юлташĕ Татьяна Андреева кăçал хăйсем пăхакан ĕнесенчен 1.442-шер килограмм сĕт суса илсе çултаlăкри плана иртгерсе тултарнă. Петровăпа Сергеева дояркăсем те плана тултарнă.

— Вĕсен ĕçĕнче нимĕнле секрет та çук,—эпир сĕт мĕн чухлĕ суса илнине кăтартакан диаграммăна тинкерсе пăхнине курсан калама пуçларĕ Иванов.—Çулла ĕнесене, кĕтÿре çÿретнисĕр пуçне, витене таврăнсан та çитеретпĕр. Хĕлле колхозра пур пек апатсенчен рацион туса çитеретпĕр. Ăна тума пире Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Мария Степановна Михайлова зоотехник пулăшать. Кашни колхозрах хăйсен пур пек апатĕнчен рацион туса çитерме пултараççĕ.

Сысна фермин заведующийĕ Яков Мамонтов коммунист председателе курсанах жалоба пама пуçларĕ.

— Сыснасене ниçта хума аптăраса тухрăм,—тет вăл тарăхнă сасăпа.

— Ытла нумайланса çитрĕç-и-мĕн?

— Нумайланчĕç пулмасăр. Планпа 285 пуç пулмалла пулсан, 440 пуçа çитрĕç. 726 пуç çура илмелле. Пирĕн вĕсем пахартнинчен çĕр пуç ытларах пулаççĕ. Самăртма тăратнă 8 сысна аран-аран йăраланакан пулчĕç ĕнтĕ.

— Хĕле мĕнле хатĕрленетĕр?

— Хăйне майлă пырать. Вылькăх апачĕ пĕçерме 200 кубометр вутă хатĕрлесе хутăмăр. Витене дезинфекци турăмăр. Хĕл çитсен аптăрас çук.

— Мамонтов тăрăшакан сын,—фермăран тавăрнă чухне каласа кăтартрĕ председатель.—Вăл çĕннине шыраса тупма юратакан сын. Фермăри сынсем витене электричество вăйĕпе шыв памалла турĕç. Мамонтов хăех тымарçимĕçсем пĕçермелли çĕнĕ меслет тупрĕ. Хуран вырăнне трубасем лартса пĕçерет вăл. Унăн меслечĕпе шыв вĕретме те питĕ аван. Мамонтова курса, ытти фермăсенчи работниксем те витене шыв памалла турĕç... Сурăх ферминче ĕç начартарах пырать-ха пирĕн. Плана тултарма тата 60 пуç сурăх кирлĕ. Г. М. Маленков юлташ сăмахĕ халăха хускатса ячĕ. Пурте ырă туйăмпа ĕçлеме пуçларĕç... Курса тăрăр, сурăх ĕрчетмелли плана та иртгерсе тултаратпăр. Кăçал эпир вылькăхсенчен 250 пин тенкĕ тупăш илме палăртнă. Çак тупăша илеен колхозниксем обществăлла вылькăх-чĕрлĕх ĕрчетни пысăк тупăш кÿнине хăйсемех кураççĕ. Вара тата ытларах пулăшма пуçлаççĕ.

Павел ЩИПЦОВ.

Йĕпреç районĕ.

# Вылькăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ ÿссе пырать

ПЕРВОМАЙСКИ. Шверник ячĕпе тăракан колхоз кăçал обществăлла вылькăх-чĕрлĕх йышне чылай ÿстернĕ. Сăмахран, сурăх ферминче ĕçлекенсем кашни 100 сурăхран 121 путек илсе çитĕнтернĕ. Колхоз сурăх ĕрчетмелли плана 145 процент тултарнă. Хушса тÿлемелли йĕрке тăрăх, сурăх пăхакан Е. Анисимова, Е. Скворцова тата М. Григорьева колхозницăсене лайăх ĕçленĕшĕн виçшер путек, ферма заведующине А. Еремеев юлташа пĕр путек памалла тунă.

Колхоз фермисенче вылькăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ те çултан-çул ÿссе пырать. Иртнĕ çичĕ уйăх хушшинче кашни ĕнерен 620-шер литр, пĕлтĕрхи çав вăхăтпа танлаштарсан, икĕ хут ытларах сĕт суса илнĕ. Ĕнесем сĕт хушаççĕ. Фермăра ĕçлекен С. Мешкова, Е. Волкова тата П. Медведева дояркăсем ĕнесене кĕтÿре çÿретнисĕр пуçне кунне икĕ хут клевер çулса çитереççĕ, вăхăтра шăвараççĕ, виçшер хут сăваççĕ.

Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» ялхуçалăх артелĕн опычĕпе усă курса, колхоз, вылькăх апачĕ ытлăн-çитлĕн хатĕрлет: çĕршер тонна утă пухса кĕртнĕ, 160 тонна силос хывнă. Уйра 51 гектар çинче çĕрулми, 12 гектар çинче вылькăх кăшманĕ çитĕнет.

А. ТУКМАКОВ.

# Канашра

★ **Автомашинăсен паркĕ ÿсет.** Хулари автотранспорт кантурĕн автомашинăсен паркĕ ÿссех пырать. Çак кунсенче кунта «ГАЗ-51» маркăллă 5 автомашина илсе килчĕç.

★ **Çĕнĕ переезд.** Чугун çул урлă çуран, лашапа тата автомашинăсемпе каçса çÿреме кунта çĕнĕ переезд туса пĕтерчĕç. Çĕнĕ переезд шăп та хула варринче. Вăл хулари ĕçсыннисене промышленность предприятисемпе çыхăнма чылай çăмăллатать.

★ **Канаш I—Канаш II.** Канаш хули икĕ пайран тăрать. Вĕсенĕ пĕрремĕш Канаш тата иккĕмĕш Канаш теççĕ. Çак икĕ Канаш хушшинче халиччен автобуссем çÿремен. Халĕ кунти çула тĕплĕн юсаса пĕтерчĕç те çак çулпа автобус çÿреме пуçларĕ.

★ **Железнодорожниксен вăтам шкулĕ.** Хулара вăтам шкулсемпе техникумсен тата ятарласа уçнă шкулсен йышĕ çулсеренех ÿссе пырать. Халĕ хулара учительски институт, финанс техникумĕ, фельдшерсемпе акушерсене вĕрентсе хатĕрлекен шкул, ялхуçалăх механизаторĕсен шкулĕ, чугун çул училищи, 4 вăтам шкул, çичĕ çул вĕренмелли, пĕр пуçламăш шкул, çамрăк ачасен спорт шкулĕ, чугун çул техникумĕ ĕçлеççĕ.

Нумай пулмасть кунта чугун çул çинче ĕçлекен специалистсем вĕрентсе хатĕрлемелли вăтам шкул туса пĕтерчĕç. Кăçал çак шкулта 500 çамрăк вĕренмелле пулать.

★ **Техникума вĕренме кĕчĕç.** Вагонсем юсакан завод çумĕнче железнодорожниксен каçхи техникумне уçрĕç. Техникумра производствăран уйрăлмасăр 80 рабочи вĕренет.

★ **Çĕнĕ суртсем.** Чугун çул узелĕнчи чылай железнодорожниксем ятарласа лартнă стандартлă çĕнĕ çуртсенчи хваттерсене пурăнма куçрĕç. Вĕсене валли 8 хваттерлĕ икĕ çурт тунă. Çĕнĕ çурта чи малтанах инструктор-машинистсем Гупалов, Соловьев, Семенов, машинист помощникĕ Сараев юлташсен çемйисем куçрĕç.

★ **Мускавра экскурсире пулчĕç.** Хулари пионерсен çуртĕнче кунсеренех шкул ачисемпе пионерсем йышлăн пулаççĕ. Вĕсем çуллахи каникулăн юлашки кунĕсене савăнăçлăн иртгереççĕ.

Пионерсен çурчĕ пуçарнипе шкул ачисен пĕр ушкăнĕ çак кунсенче Мускавра экскурсире пулчĕ.

★ **Пысăк выляявсем.** Хулари ĕçсыннисем государство заемĕсем тăрăх выляв укçи илеççĕ. Çак кунсенче пĕр рабочин облигацийĕ çине 25 пин тенкĕ, тепĕр çыннăн облигацийĕ çине 5 пин тенкĕ выляв укçи тухнине палăртнă. Юлашки пилĕк кун хушшинче хулари перекет касси заем облигацийĕсем тăрăх 70 пин тенкĕ выляв укçи тÿленĕ.

☆ **Оперетта вечерĕсем.** Культурăпа кану паркĕнче тата вагонсем юсакан заводăн клубĕнче Мари республикин государство филармонийĕ оперетта вечерĕсем иртгерчĕ. Филармони артисчĕсем юрлинине ĕçсыннисем кăмăлласа итлерĕç.

Г. ИСАЕВ.

# Трактор бригадинче

Вăрмар МТС-ĕн 12-мĕш трактор бригадинчи трактористсем ĕçрен пушă вăхăта культурăллă та савăнăçлă иртгереççĕ. Бригадăри будкăра радио, çĕнĕ хаçат-журналсем пур. Агитаторсем час-часах калаçусем иртгереççĕ.

Трактористсем кану вăхăтне лайăх йĕркелени вĕсене тухăçлăн ĕçлеме май парать. В. Сергеев, В. Григорьев трактористсем кулленхи задание яланах иртгерсе тултараççĕ.

А. ВИШНЕВСКИЙ.

# Элĕкри сÿс-кантăр заводне тунă çĕрте

Элĕкрен завода пынă чухне халĕ çитĕнекен поселока пырса тухатăн. Халĕ кунта стандартлă сакăр çурт кăна-ха. Вĕсенче инженерсемпе техниксем, рабочисемпе служащисем пурăнаççĕ. Завод ĕçе кĕнĕ хыççăн çак поселок пысăкланмалла. Унта кирпĕчрен 50 хваттерлĕ икĕ хутлă тепĕр çурт тума тытăннă. Ăна Октябрь уявĕччен туса пĕтермелле. Килес çул рабочисем пурăнмалли çуртсем чылай лартмалла.

Тĕп корпусăн сылтăм енче, машинăсен пайне тунă çĕрте, Д. Алексеев бригадинчи каменщиксем ĕçлеççĕ. Вĕсем вуннăн. Каменщиксене пулăшакансем те пур. Вĕсенчен пĕрисем бетон шĕвекĕ тăваççĕ, теприсем кирпĕч е хатĕр шĕвеке каменщиксем патне илсе пырса параççĕ. Ĕç ăнса пырать. Каменщиксем ĕç тухăçлăхне ÿстерсех пыраççĕ. Цехсенче йывăç оборудовани тăвакан Г. Рыжков бригадинчи платниксем те ĕçре пысăк тухăçлăх кăтартаççĕ. Платниксенчен корпуса штукатурланă çĕрте ĕçлекен Т. Рыбакова бригадинчи хĕрсем те юлмаççĕ.

Татьяна Рыбакова, Лениногорск хулинче пысăк та çÿлĕ çуртсем тунă çĕрте ĕçленĕ, çакăнтах штукатурщик професине вĕреннĕ. Унăн ĕçри тусĕсем Ефросинья Павловăпа Илья Леонтьев та ĕçе юратса тăваççĕ.

Лапсанар шывне пĕвелеме тытăннă. Пĕвен сулахай çыранĕнче шыв уçласа кăлармалли вăйлă насуссем виççĕ лартмалла. Вĕсен вăйĕпе мĕнпур производствăна, рабочисен поселокне шыв парса тăмалла пулать. Анчах халĕ кунта строительство ĕçĕсем чаранна.

— Пирĕн йывăç çук. Укçа тÿленĕ пулин те, «Чăвашлес», «Марилес» тата «Мордвалес» тресчĕсем йывăç ярса памаççĕ,—тет М. Долгов.—Вĕсем пирĕн ĕçе нумай чарса тăраççĕ.

Старши прораб çавăн пекех тĕп корпус çине витме материал çукки, ăна тупса илес тĕлĕшпе строительство начальникĕ, вăлах завод директорĕ И. Рокин, республикăри «Заготлен» кантурĕн управляющийĕ Стрельников юлташсем çаврăнăçусăр ĕçлени çинчен калать.

Рабочисен хастарлăхĕ пысăк. Вĕсем çĕнĕ завода хăвăртрах туса пĕтерме тăрăшаççĕ. Анчах ĕçе хăвăртлатма çитменлĕхсем кансĕрлеççĕ.

Мĕнле çитменлĕхсем-ха вĕсем? Шăпах çаксем çинчен калаçрĕç коммунистсем хăйсен пухăвĕнче.

Вĕсем пуринчен ытларах строительствăра механизмсемпе çителĕксĕр усă курни çинчен чаранса тăчĕç.

— Суртсем тунă çĕре кирпĕч йăтса пама пĕчĕк крансем, бетон шĕвекĕ тума бетономешалкăсем, чул вакламалли механизмсем те çителĕклĕ. Вĕсене 8 уйăх каялла илсе килнĕ. Анчах нихăш механизмпа та усă курмастпăр,—терĕ Фомин коммунист.—Мĕншĕн? Мĕншĕн тесен ку таранччченех электростанцие пĕр тикĕс ĕçлемелле туса çитереймеççĕ.

— Иванов механик айăпĕпе пулчĕ çак чăрмав,—тет механик Матвеев.—Локомобиле вырнаçтарнă чухне вăл рабочисен ĕçне тĕрĕслемерĕ. Çавна пула, шатуннăй подшипнике çу пымалли çул питĕрĕнсе юлнине никам та асăрхаман. Вара кăшт ĕçлесенех подшипник ирĕлсе кайнă.

Ытти коммунистсем та главнăй механик вырăнĕнчи Иванов хăйĕн ĕçне тума пултарайманни çинчен каларĕç. Республикăри «Заготлен» кантурĕ пултаруллă механик тупса пама тăрăшмасть. Механизмсемпе усă курсан кирпĕч купаланă тата шĕвексем тунă çĕрте ĕç тухăçлăхĕ сахалтан та тепĕр хут ÿснĕ пулĕччĕ.

М. Долгов юлташ парторганизацие строительсем хушшинчи политикăлла-массăлла ĕçе начар йĕркеленĕшĕн критиклет.

— Çак ĕç мĕнле вырăнта тăнинчен строительство ăнăçлăхĕ килет, — тет вăл.—Анчах завод тунă çĕрте агитаторсене куллен курма çук. Строительство площадкисенче лозунгсемпе плакатсем çакман. Бригадăсенче хаçат-журнал вуласа памаççĕ, политинформацисем иртгермеççĕ. Кăтарту хăми çине те хăш бригада мĕнле ĕçленине уйăхра икĕ хутчен кăна çыраççĕ, Стройкăри стена хаçачĕ сайра хутра çеç тухать.

Политикăлла-массăлла ĕç çителĕксĕр пулса пынăшăн КПСС райкомĕ те айăплă. Вăл строительствăри парторганизацие çирĕплетмест.

Парторганизаци секретарĕ Е. Дмитриев хăйĕн ĕçри опычĕ çахалли çинчен, çапах ăна райком ĕçе вĕрентменни çинчен каласа парать. Райком секретарĕсем парти пухăвĕсенче час-часах пулаççĕ, анчах кунтан кайсан ĕçе мĕнле тумаллине кăтартса пама манаççĕ.

Завод тунă çĕрте ĕçе тĕрĕс йĕркеленĕ теме çук. Бригадăсене паракан нарядсенче ĕçе хăш вăхăтра тумаллине кăтартмаççĕ, час-часах нарядсем çырмасăр та ĕçлеттереççĕ. Пурăнмалли çурт никĕсне хывнă çĕрте ĕçлекен Н. Федорова бригадинчи хĕрсем ĕçе миçе кунта туса пĕтермеллине пĕлмеççĕ.

— Эрне ĕçлетпĕр-ха, нарядне халĕ те илмен,—тет Федорова юлташ.

Парторганизаци социализмла ăмăрту мĕнле пыни çинчен пухусенче сÿтсе яван. Чăннипе ăмăрту йĕркеленĕ теме те çук. Бригадăсем хушшинче ăмăрту договорĕсем туман, рабочисем уйрăм обязательствăсем йышăнман.

Пĕрремĕшпе иккĕмĕш кварталсенче строительство ĕçĕсен планне тултарман. Сÿс-кантăр заводне тăвас ĕçсене хăвăртлатмалла.

Н. ОРЛОВ.
(Хамăр корр.).

# Перекет кассинче

КÿКЕÇ. Районти центральнăй перекет касси иккĕмĕш кварталта вкладчиксен йышне ÿстермелли плана 743 процент тултарнă. Çакăншăн ăна республикăра чи лайăх ĕçлекен перекет касси ятне панă.

Республикăри перекет кассисен управленийĕпе финанспа банк работникĕсен профсоюзĕн обкомĕ районта перекет кассинче вкладчиксен йышне ÿстерес, государствăн 3 процентлă заемне халăх хушшинче сарас енĕпе лайăх ĕçленĕ А. Мочалов, М. Николаева, С. Васильева, О. Малюткина, Е. Александрова контролерсене преми панă.

Толик Хураскипе Шемшерти перекет кассисем те лайăх ĕçлеççĕ. Вĕсем районти перекет кассисем хушшинчи ăмăртура малта пыраççĕ.

Кÿкеçри центральнăй перекет кассинче вкладчиксен йышĕ ÿссех пырать.

А. ТИМОФЕЕВ.

# Асфальт сараççĕ

УЛАТĂР. Хулари Комсомольски тата Ленински урамсенчи тротуарсем çине асфальт сарма тытăнчĕ.

Хула урамне асфальт сарасси Улатăр хулинче халиччен пулман-ха. Кăçал кунта Комсомольски, Ленински тата Октябрьски урамсене чылай асфальт сарма палăртнă.

Н. КОЛЕСОВ.

# Çăткăн тăмана

*Ю м а х*

Пурăннă, тет, пĕр выçă куçлă тăмана—сĕлеки пĕр пасмана. Унăн пулнă икĕ пуç: пĕр пуçĕ—кушак пуç, тепĕр пуçĕ — этем пуç. Кушак пуçĕпе лаххан пек пĕсехине кÿпсе-чыхса тултарать, этем пуçĕпе йăви çывăхĕнчи тĕпсĕр нÿхрепе ылтăн-кĕмĕл пуçтарать. Кушак пуçĕ юншăн касăхать, этем пуçĕ укçашăн касăхать. Вăл ылтăн-кĕмĕл ытла та юратать, укçана çав тери хытă хапсăнать. Ирсĕр мимине яланах пĕр шухăш пăра пек шăтарса тăрать: мул ытларах пухасчĕ, долларсен шутне ÿстересчĕ! Кашни виç сăмах каламассеренех доллара асăнать. Кăнтăрла та уйпа сĕмленет, каçхине те ăна тĕлленет. Час-часах çывăрнă çĕртен доллар-р! тесе, шари сухăрса вăранать. Долларшăн касăхни унăн сассине те урмăштарса янă ĕнтĕ, вăл ытти тăманасем пекех тĕвввит! тĕвввит! тесе кăшкăрасшăн, анчах доллар-р! доллар-р! тенĕ пек пулса тухать.

Тăмана çăткăнни—çăткăн, чăрсăрри — чăрсăр, анчах кун çуттинче вĕçме хăрать, сар хĕвелтен сехри хăпать. Хĕвел ансан, каç пулсан, выçă куçне чаркалать, кушак пуçне пăркалать, этем пуçне сулкалать, сĕмсĕрленет тулăксăр, пуçтахланать юрăхсăр: вĕççе тухать йăвинчен, юн ĕçет кÿпĕниччен. Мулкач çине те тапăнать, тÿлек пурăнан вĕçенхайăкăнне те тĕкĕсене тустарать. Мĕн килчĕ—ăна хыпса çăтать. Юн ĕçесси юн ĕçет, çапах мăранăн вĕçет, лăпăс-лăпăс тукалать, аран малалла шăвать.

Пурăнать çапла тăмана, чунĕ канлĕ юратать, пырĕ тутлă юратать. Чăн-чăн иккен, чăн иккен, пĕртте суя мар иккен: усалшăн та кун иртет, ырăшăн та кун иртет. Ырă—ырăх тăвать, усал—усалах тăвать. Ыррăн—ыр шухăш-кăмăл, усалăн—усал кăмăл. Тăманан пĕр тĕллев: пăчлантарччĕ, тет, хĕвел. Вăл хĕвел çинелле сĕмсĕрленсе кармашать, ăна элеслелес чĕрнисемпе çаклатасшăн, тÿперен сĕтĕрсе антарасшăн. Анчах тăмана, пĕсехине пĕçертет те, çĕр çине хăй тÿплетет. Мĕн тăвăн-ха: куç курать те шăл витмест. Тăмана хĕвеле сÿнтерес тесе темтепĕр хăтланать, хĕвел пурпĕрех хăйк та тумасть, тăмана çине пăхса йăл-йăл çеç кулать, çутатать те ăшăтать, тухать те анать.

Çак çăткăн никамран ытла кăвак кăвакарчăнсене кураймасть, вĕсем мирлĕ сăпайлă пурăннине чăтаймасть. Вăл çиллине шăнараймасть, сăмси-тутине çивĕчлетет, чĕрнисене çирĕплетет, юхтарать сĕлекине, янтăлать пĕсехине, кăвик-кăвик кăвакарчăнсем çине тапăнасшăн, хитре те йăлтăркка тĕкĕсене парăлтаттарасшăн. Анчах лешсем ушкăнăн-ушкăнăн çÿреççĕ, тăманаран хăрамасăр вĕçеççĕ: вĕсене паттăр салтаксем—харсăр ăмăрткайăксем хÿтĕлеççĕ.

Шут тытать хăй тăмана кăвакарчăнсене хирĕç вăрçă пуçарма, пикенет çак тĕллевне çар пуçтарма. Анчах кама чĕнмелле, кама çара илмелле? Тухать вĕççе тĕнчене, çул тытать вăл инçене—çăхансен патшалăхне. Юн ĕçесси юн ĕçет, çапах мăранăн вĕçкелет, лăпăс-лăпăс тукалать, аран малалла шăвать.

Çăхансем çичĕ тинĕс урлă уттинче, сĕм вăрманăн варринче. Хăйсем хура хуран пек, тискер эсрел пек, хараççĕ мулла пек, кăшкăраççĕ кранкки-кранкки, сиккелеççĕ транкки-транкки. Вĕсем патне тăмана вĕççе çитрĕ те калать:

— Чаплă йăхлă çăхансем —
Маншăн эсир тăвансем!
Сире хыпар хыпарлам,
Вăрçа кайма йыхравлам!
Кăвак кăвакарчăнсем—
Тĕнче курманскерсем
Пуçарасшăн вăрçине,
Тапăнасшăн ман çине.
Айтăр мана пулăшма—
Сĕмсĕрсемпе çапăçма!

Йышне кура хурăнташĕ тупăнать çав: çăхансем вăрçă вăрçма килĕшеççĕ, виле çинче ĕçкĕ-çикĕ тăвасси пирĕн ĕç, теççĕ, хăйсене полковника та генерала лартма ыйтаççĕ. Сĕленпе калтан чĕлхи пĕр, теççĕ. Тăмана çăхансен ыйтуне хисепе хурать, вĕсене полковник та генерал тăвать. Тупрĕ тăмана полковниксем, генералсем, анчах çук-ха унăн çарсем—пăшал тытма салтаксем.

Выçă куç тăмана полковниксене, генералсене хăй хыççăн ертет те салтаксем шырама каять. Тухать вĕççе тĕнчене, çул тытать вăл инçене—куккуксен патшалăхне. Юн ĕçет, çапах мăранăн вĕçкелет, лăпăс-лăпăс тукалать, аран малалла шăвать. Вĕççе çитрĕ те калать:

— Чăпар-чăпар куккуксем—
Маншăн эсир тăвансем!
Сире хыпар хыпарлам,
Вăрçа кайма йыхравлам:
Кăвак кăвакарчăнсем—
Тĕнче курманскерсем
Пуçарасшăн вăрçине,
Тапăнасшăн ман çине.
Айтăр мана пулăшма!
Паттăр салтаксем пулма!

Чăпар куккуксем вăрçă вăрçма килĕшмеççĕ, долларсем те вĕсене илĕртмеççĕ. Куккуксем тăманана çапла çеç калаççĕ:

— Кук-кук! Кук-кук! Ан та калас, çук, çук!
Эс пирĕншĕн тăван мар,
Куккуксемшĕн вăрçă—шар!
Ăçтан килнĕ—унта кай!

Тупрĕ тăмана полковниксем, генералсем, анчах çук-ха унăн çарсем—пăшал тытма салтаксем!

Выçă куç тăмана полковниксене, генералсене хăй хыççăн ертет те салтаксем шырама малалла каять. Тухать вĕççе тĕнчене, çул тытать вăл инçене—тăрнасен патшалăхне. Юн ĕçесси юн ĕçет, çапах мăранăн вĕçкелет, лăпăс-лăпăс тукалать, аран малалла шăвать.

Çеçенхирте çавра кÿлĕ, кÿлĕ тавра — пăрса уйĕ, унта—тăрнасен патшалăхĕ. Тăмана вĕççе çитрĕ те çапла калать:

— Вăрăм майлă тăрнасем—
Маншăн эсир тăвансем!
Сире хыпар хыпарлам,
Вăрçа кайма йыхравлам:
Кăвак кăвакарчăнсем—
Тĕнче курманскерсем.
Пуçарасшăн вăрçине,
Тапăнасшăн ман çине.
Айтăр мана пулăшма—
Паттăр салтаксем пулма!

Вăрăм майлă тăрнасем вăрçă вăрçма килĕшмеççĕ, долларсем те вĕсене илĕртмеççĕ. Тăрнасем çапла çеç калаççĕ:

— Пирĕн сас—тăрлик-тăрлик,
Пĕл çакна эс ват хăлын:
Эс пирĕншĕн тăван мар,
Тăрнасемшĕн вăрçă—шар!
Ăçтан килнĕ—унта кай!

Тупрĕ тăмана полковниксем, генералсем, анчах çук та çук çарсем—пăшал тытма салтаксем.

Тăмана çиллине шăнараймасть, сăмси-тутине çивĕчлетет, чĕрнисене çирĕплетет, юхтарать сĕлекине, янтăлать пĕсехине, кăвик-кăвик кăвакарчăнсем çине тапăнасшăн, хитре те йăлтăркка тĕкĕсене парăлтаттарасшăн. Анчах лешсем ушкăнăн-ушкăнăн çÿреççĕ, тăманаран хăрамасăр вĕçеççĕ, вĕсене паттăр салтаксем—харсăр ăмăрткайăксем хÿтĕлеççĕ.

Выçă куç тăмана тухать вĕççе тĕнчене—çул тытать вăл инçене: хăйне валли сарсем—пăшал тытмалли салтаксем шырать, ылтăнпа-кĕмĕлпе илĕртет, доллар та кĕренке стрелинг сĕнет. Усалăн ури саккăр, тет: унта та çитсе пăхать, кунта та пырса тухать. Хăвармарĕ çитмен вырăн, тухмасть ĕçĕ харампырăн.

Сав хушăра тăмана полковникĕсем, генералĕсем — кăранкки-кăранкки хура çăхансем, ĕçсĕр аптраса, йĕппе пусă чаваççĕ, пĕр-пĕрин умĕнче сăмахпа каппайланса-мухтанса, çуралман тикан пилĕкне аваççĕ, тытман мулкачăн тирне сутаççĕ. Каппайлансан-каппайлансан, вĕçевен çăхансем ĕçкĕ-çикĕ тапратаççĕ, кÿпеççĕ-чыхаççĕ те пĕр-пĕрнипе хирĕçсе каяççĕ, чĕп-чĕр юна ÿкиччен тăрмашаççĕ. Çăхан—çăханăн куçне шăтармасть, теççĕ те, аплах мар çав. Кусем пĕрне-пĕри куçран таклаттараççĕ те таклаттараççĕ, хăйсене, ÿсĕрскерсене, кăвакарчăнсен куçне сăхнă пек туйăнать.

Тăмана хăйĕн патшалăхне лăпăстатса таврăнать, полковникĕсемпе генералĕсем харкашнине курать те, пÿтсĕрĕн чĕри кăртах сикет. Лешсем пĕр-пĕрин тĕкĕсене чăл та пар тустараççĕ, çуначĕсемпе арăшпирĕш лăпăстатаççĕ. Тăмана пĕр чиндă çăхана та паллаймасть. Тĕлĕнмелли те çук: пĕр шуйттана тепринчен епле уйăрăн-ха!..

Çак тамашана курса тарăхнипе тăмана хăрушшăн хăрăлтатма пуçлать, пĕтĕм пĕвĕпе-кĕлеткипе туртăна-туртăна илет, этемĕнни пек кусĕ кĕрхи сулçă пек сарăхса каять. Тытăнать вара вăл полковникĕсемпе генералĕсене ятлама-намăслантарма:

— Пит каххал эсир, харампырсем. Шалу парса тăни те харама çеç каять! Пĕр долларлăх уссăр çук, çичĕ долларлăх çăтăр тăваттăр! Халех тухса кайнă пултăр вăрçа! Тинĕс-океан хĕрринче, Корея çĕршывĕнче, суруравлă çĕр талккишĕнче ăçта пăхнă, унта ылтăн та кĕмĕл çисет, ахах та мерчен куçа çиет. Пырăр, çав çĕршыва ман валли çĕнтерсе илĕр!

Пусаран вăрлăх ан кĕт, çăханран ырлăх та ан кĕт. Юн ĕçме, виле куçне чавма тесен, тĕнче хĕрне кайма та ÿркенмĕç. Вĕсем тинĕс-океан хĕррине, Корея çĕршывне, сурутравлă çĕр талккишне кайма тухаççĕ. Çăхансем кайнă чух ĕçчен чакаксем çапла кăшкăрса юлаççĕ:

— Чакак! Чак! Чак! Ăçта каян—чак, чак! Пуйма кайăн, вилсе килĕн! Кĕтет сире вилĕм анчах! Чак, чак! Вилĕм анчах!

Корея çĕршывĕнче, сурутравлă çĕр талккишĕнче çăхансене хирĕç кăвакарчăнсен çарĕсем—харсăр ăмăрткайăксем вĕççе тухаççĕ. Хаяр та юнлă çапăçу пуçланать, унта та кунта вут-хĕм тăкăнать, вĕсемпе пĕрле çăхансен ирсĕр тĕкĕсем вĕçеççĕ. Шăв-шавпа океан-тинĕс ыйхăран вăранать, урăм-сурăм хумханать, çăхансене вилĕм сунать. Ăмăрткайăксем çăхансене тип мунча кĕртеççĕ: пуç тăрринчен тăрлаççĕ, сурăмсенчен çапаççĕ, аяккисенчен тапаççĕ, ларми-тăми тăваççĕ. Çăхан паян полковник — ыран покойник!

Нихăш ĕç те кĕвве кĕмест тăманан. Вăл çапла-ха çар шырать, лăпăс-лăпăс вĕçет, хăй вилĕмĕ çывхарнине сисет. Шалчи тулать-ха туласса, пĕрре кăнать-ха кăнасса, унччен сăтăхать-антăхать: канлĕ чунсене канăç парасшăн мар, мирлĕ чунсене мирлĕ пурнăç парасшăн мар.

Кăвакарчăнсемпе харсăр ăмăрткайăксен тимлĕ пулмалла, сыхă тăмалла, ăнсăртран выçă куç тăмана вĕççĕ ан килтĕр, ун эшкерĕ килсе ан çиттĕр.

Юмах ятăм юптартăм, пĕр сăмах та суймарăм. Мĕн калани пурте чăн. Çак тамашана пĕтĕмпех мул тĕнчи социализм тĕнчи çине шăл хăйранă чух пулса иртет. Вăкăр чавать-чавать те, тăприне хăй çине сирпĕтет. Çавăн пекех мул тĕнчи шăл хăйрасса хăйрать те, çав вăхăтрах хăй çине хăех вилĕм çави вăрать.

Комсомольски районĕнчи Асанкасси ялĕнче О. ЗАХАРОВА агроном çырса илнĕ.

# Тӗнчери лару-тӑру

### ГЕРМАНИ ЫЙТӐВӖНЧИ ИКӖ ҪУЛ-ЙӖР

Мирӗн чӑн-чӑн тусӗсем унӑн тӑшманӗсене, ытти енчен пӑхнипе пӗрлех, вӗсем Германи ыйтӑвӗ ҫине мӗнле пӑхни тӑрӑх уйӑрӑҫҫӗ. Миршӗн сӑмахпа мар, ӗҫпе кӗрешекен ҫын вӑл Германи милитаризмӗпе Германи агрессийӗ тепӗр хут чӗрӗлсе тӑма пултарассине пӗтерсе лартма тӑрӑшакан ҫын, Германие пӗрлӗхлӗ, никама пӑхӑнман, демократиллӗ государство пулса аталанма пулӑшакан ҫын пулать. Ҫак чӑнлӑха уйрӑмах халӗхи вӑхӑтри ӗҫсем ҫирӗплетсе параҫҫӗ.

Августӑн 15-мӗшӗнче Совет правительстви Германи ыйтӑвӗ тӗлӗшпе США, Англи тата Франци правительствисене нота ярса пачӗ. Ҫак нота пирки пӗтӗм тӗнче калаҫать. Тӗнчери прогрессивлӑ общественность Германи ыйтӑвне тӗнчери татса паман нумай ыйтусем хушшинче пысӑк вырӑн йышӑнса тӑракан ыйтусенчен пӗри пулса тӑрать тесе шутлать. Германи пайланса тӑни, империалистсем гитлерла агрессиллӗ вермахта тепӗр хут ура ҫине тӑратма хӑтланни мир ӗҫӗшӗн ҫӗнӗ хӑрушлӑх туса хураҫҫӗ.

Совет правительствин сӗнӗвӗсем Германи ыйтӑвне мирлӗ майпа татса памалли ҫула уҫса параҫҫӗ, ҫавӑнпа та вӗсем нимӗҫсен нацилле интересӗсене тата мӗнпур халӑхсем миршӗн тӑрӑшнине тивӗҫтереҫҫӗ. Ҫак сӗнӳсем тӑрӑх туса ирттерме палӑртнӑ ӗҫсем—Германипе мирлӗ договор тӑвасси ҫинчен тӑракан ыйтӑва пӑхса тухма мирлӗ конференци пухасси, Вӑхӑтлӑх Пӗтӗмӗшле Германи правительстви туса хурасси, Германи иртнӗ вӑрҫӑ ӗҫӗсене пула йышӑннӑ экономикӑпа финанс обязательствӑсене ҫӑмӑллатасси — пӗрлӗхлӗ, мире юратакан, демократиллӗ Германи туса хума пулӑшаҫҫӗ.

Совет Союзӗ мир ӗҫӗсем тӗлӗшпе ҫӗнӗ пуҫару тунине тӗнчери общественноҫӑн чи анлӑ ушкӑнӗсем йышӑнаҫҫӗ. Ҫавӑнпа та халӗ ҫак факта реакциллӗ хаҫатсен те йышӑнма тивет. Ҫавӑн пек, тӗслӗхрен, Америкӑра тухса тӑракан «Уолл-стрит джорнэл» хаҫат США Германи тӗлӗшпе тытса пыракан политика «лайӑхах мар» пулнӑ пирки пӑшӑрханса, Германи пӗрлӗхӗ ҫинчен тӑракан шухӑша нимӗҫсем анлӑн йышӑнни ҫинчен ҫырать. «Совет правительствин ҫӗнӗ ноти,— тесе ҫырать Дани хаҫачӗ «Экстрабладет»,— чылай сӗнӳсем кӑларса тӑратать, вӗсем, пӗрле илсен, нимӗҫсем хӑйсен пайланса тӑракан тӑван ҫӗршывне пӗрлештерме тӑрӑшнине тивӗҫтереҫҫӗ». Ҫак сӗнӳсем, тесе ҫырать малалла хаҫат, нимӗҫсемшӗн питех те кирлӗ сӗнӳсем пулса тӑраҫҫӗ, ҫавӑнпа та вӗсем, нимӗн иккӗленмелли те ҫук, Аденауэра хирӗҫле политикӑна вӑйлатса пырӗҫ».

Совет правительствин нотине Бонра тӑшманла кӗтсе илнӗ. Ӑна хирӗҫ Аденауэр кампани пуҫласа янӑ. Франс Пресс агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, вӑл: мирлӗ договор тӗлӗшпе Совет Союзӗн сӗнӗвӗсене йышӑнни вӑл «вилӗмпе пӗртанах пулать», тенӗ. Хӗвеланӑҫ Германири реакциллӗ политикӑлла партисен—христианла демократсен союзӗпе нимӗҫ партийӗ текен партисен пуҫлӑхӗсем те ҫакнашкал позици тытса пыраҫҫӗ.

Германи ыйтӑвне йӗркелес тӗлӗшпе Совет правительстви панӑ сӗнӳсенчен реакци пӑрӑнса юлма пӑхнине мӗнпе ӑнлантарса пама пулать-ха? Ку сӗнӳсем пурнӑҫа кӗме пултарнине мире юратакан пӗтӗм этемлӗх йышӑнать ӗнтӗ. Совет Союзӗ тӑратнӑ сӗнӳсене хирӗҫ пыракансем мӗн тума тӑрӑшаҫҫӗ-ха?

Германие пайланипех хӑварассишӗн тӑракан ҫынсем Германие пӗрлештересси ҫинчен сӑмах ҫаптарма юратаҫҫӗ. Ҫавӑн пек тунипе вӗсем хӑйсем Бонн режимне тата милитаризацие пӗтӗм Германие сарма тӑрӑшнине, ун пек тума май килмесен ҫӗршыв пайланса тӑнине ӗмӗрлӗхех хӑварма тӑрӑшнине халӑхран пытараҫҫӗ. Ку тӗлӗшпе Англире эрнере пӗр хут тухса тӑракан «Нью стейтсмен энд нейшн» журнал тунӑ вывод вырӑнлӑ. Вӑл ҫак кунсенче ҫапла ҫырнӑ: «Атлантика блокне кӗрекен державӑсем пӗр ҫулталӑк хушши ӗнтӗ... Германие пӗрлештересси ҫинчен калаҫрӗҫ, анчах ҫак пропаганда вӑл чӑн-чӑн тӗллеве пытарса тӑмалли— Германи пайланса тӑнине ҫаплипех хӑварималли тата Федеральнӑй республикӑна хӗҫпӑшаллантармалли пӗркенчӗк кӑна пулнӑ».

Совет сӗнӗвӗсене хирӗҫ пыракансем Германи ҫинчен тӑракан ыйтӑва яланах агрессиллӗ империализмла блоксен—Сурҫӗр Атлантика союзӗн, Европӑри оборона пӗрлешӗвӗн — кун-ҫулӗпе ҫыхӑнтарни ӑнсӑртран килмест ӗнтӗ. Хӗвеланӑҫ Германире тухса тӑракан «Дер шпигель» журнал ҫапла ҫырнӑ: ҫакӑ вӑл, тӗрӗссине илсен, Германие пӗрлештермелле мар туса хурать, тенӗ.

Анчах Германи реваншисчӗсемпе океан леш енчи империалистсен кӑмӑлне каяс шутпа, Аденауэр ушкӑнӗ, пурнӑҫласа пыракан «Атлантика политикине» нимӗҫ халӑхӗ йышӑнмасть. Тата та ытларах, вӑл ҫак политикӑна хирӗҫ активлӑ кӗрешет. Ҫавӑнпа та, паллах ӗнтӗ, Германи ыйтӑвне мирлӗ, демократи никӗсӗ ҫинче татса пама май пуррине шантаракан малашлӑх Бонн правительствине пӗчченех тӑратса хӑварать. Хӗвеланӑҫ Германире тухса тӑракан «Нейе Рурцейтунг» хаҫат нумаях пулмасть: Америкӑн Германири верховнӑй комиссарӗ Конэнт США государство департаментне бундестагӑн ҫитес суйлавӗнче Аденауэр ҫӗнтерессе питех шанса тӑма кирлӗ марри ҫинчен асӑрхаттарнӑ, тесе пӗлтерчӗ.

Совет правительстви Германи ыйтӑвӗ тӑрӑх панӑ сӗнӳсене империалистсем шута хурасшӑн пулманни мир тӑшманӗсем тӗнчери лару-тӑрӑва малашне те йывӑрлатма тӑрӑшни ҫинчен калать. Анчах та СССР правительствин мирлӗ пуҫарӑвне хапӑл туса йышӑнса, халӑхсем хӑйсен сӑмахне каларӗҫ ӗнтӗ.

### ТӖНЧЕРИ СУТУ-ИЛӖВЕ ВӐЙЛАТАССИШӖН

Нумаях пулмасть Женевӑра ООН-ӑн Европа тӗлӗшпе ӗҫлекен экономика комиссийӗ Европӑри экономика кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта мӗнле пулни ҫинчен калакан доклада пичетлесе кӑларнӑ. Кунта уйрӑмах палӑрса тӑракан вырӑн ҫакӑ пулса тӑрать: докладра Совет Союзӗпе халӑх демократи ҫӗршывӗсен халӑх хуҫалӑхӗ тӑвӑллӑн аталанса пынине кӑтартса панӑ вӑхӑтрах, Европӑри капитализмла ҫӗршывсенче нумайӑшӗнче экономикӑлла йывӑрлӑхсем малалла ӳссе пынине йышӑннӑ. «Хӗвеланӑҫ Европӑра 1953 ҫулхи пӗрремӗш кварталта, унччен кварталтипе танлаштарсан, промышленность производстви чакасси, пӗтӗмӗшпе илсен, иртнӗ ҫулхинчен чылай пысӑкрах пулнӑ»,— тесе каланӑ докладра. Официальнӑй йӗркепе пӗлтернӗ тӑрӑх, пӗр ҫулталӑк хушшинче кӑна производство Францире, Бельгире, Люксембургра, Австрире, Финляндире тата Грецире 5 процент чакнӑ.

Капитализмла ҫӗршывсенче ҫак йывӑрлӑхсем ӳссе пынӑ ҫӗмӗн демократи лагерьне кӗрекен ҫӗршывсемпе суту-илӳ ҫыхӑнӑвне вӑйлатассишӗн анлӑ юхӑм сарӑлса пынӑ. Ҫак ҫыхӑну Америка империализмӗ «сивӗ вӑрҫӑ» туса пынӑ ҫулсенче уйрӑмах вӑйсӑрланнӑ. Ҫапла ӗнтӗ, тӗнчери ыйтусене мирлӗ майпа йӗркелессишӗн пыракан юхӑм вӑйланчӗ. Вӑл халӑхсене пӗр-пӗринпе килӗштерсе мирлӗн пурӑнма кирлӗ условисем туса памалли паха ыйтупа пӗрлешрӗ.

Халӗхи вӑхӑтра, США-ри ертсе пыракан ушкӑнсем хирӗҫ тӑнине пӑхмасӑр капитализмла чылай государствӑсем—Англи, Франци, Аргентина, Финлянди, Дани, Норвеги, Швеци тата ыттисем те Совет Союзӗпе тата демократи лагерьне кӗрекен ытти ҫӗршывсемпе суту-илӳ тӑвассине вӑйлатнӑ вӑхӑтра Хӗвеланӑҫӗпе Хӗвелтухӑҫӗ хушшинче суту-илӗве тепӗр хут йӗркелесе малалла аталантарассишӗн уйрӑмах ҫине тӑраҫҫӗ. Асӑннӑ ҫӗршывсем Совет Союзӗпе тата халӑх демократи ҫӗршывӗсемпе хӑйсемшӗн усӑллӑ суту-илӳ килӗшӗвӗсем турӗҫ.

Ку тӗлӗшпе Японире тухса тӑракан «Иомиури» хаҫат ҫакӑн пек калани чылайӑшӗн шухӑшне палӑртса тӑрать: «Хӗвеланӑҫ Европӑра тата ытти ҫӗршывсенче коммунистла ҫӗршывсемпе тепӗр хут суту-илӳ тума тытӑнассишӗн е ҫак суту-илӗве вӑйлатассишӗн кӗрешӳ ӳссе пырать. Япони тата Хӗвеланӑҫ Европӑри ҫӗршывсем яланах Америкӑран пулӑшу илессине кӗтсе тӑма пултараймаҫҫӗ пулсан, хӑех те паллӑ ӗнтӗ, вӗсем Хӗвелтухӑҫӗпе Хӗвеланӑҫӗ хушшинчи суту-илӗве вӑйлатассине кӑна шанма пултараҫҫӗ». Халӗхи вӑхӑтра буржуази хушшинчи паллӑ ушкӑнсем ҫакӑн пек позици йышӑнман пӗр капитализмла государство та ҫук пулмалла.

Кунта тата ҫакӑ та паллӑ: Хӗвелтухӑҫӗпе суту-илӳ тӑвассине йӗркелесе ярасшӑн кӗрешӳ пынӑ вӑхӑтрах, тулашри суту-илӳ ҫыхӑнӑвӗсем тӗлӗшпе Америка тытса пыракан политикӑна хирӗҫ тӑрасси вӑйланса пырать. Сӑмахран, США, тата унӑн Корейӑра хӑйӗнпе пӗрле интервенци тунӑ союзникӗсем Китай Халӑх Республикине хирӗҫ суту-илӳ енӗпе блокада тунине пӑхмасӑр, Япони парламенчӗ нумаях пулмасть Китай Халӑх Республикипе суту-илӳ тӑвассине вӑйлатма чӗнсе резолюци йышӑннӑ.

США-н тулашри суту-илӳ политикине хирӗҫ тӑрасси халӗхи вӑхӑтра нихҫанхинчен ытларах вӑйланса ҫитнӗ. Нью-Йоркра тухса тӑракан «Дейли миррор» хаҫат ҫырнӑ тӑрӑх, Америка долларӗ «курайманлӑхпа намӑслӑх символӗ» пулса тӑнӑ.

Доллар ҫине ҫакӑн пек пӑхма ытти капитализмла ҫӗршывсенчи халӑхсемшӗн сӑлтавсем ҫителӗклипех. «Сивӗ вӑрҫӑпа Корейӑри вӑрҫӑ тӗллевӗсене асра тытса,— тесе ҫырнӑ ҫак кунсенче «Анналы американской академии политических и общественных наук» текен журнал,— эпир Хӗвеланӑҫӗпе Хӗвелтухӑҫӗ хушшинчи суту-илӗве ытла та пӗчӗклетсе ҫитертӗмӗр. Ҫавӑн пирки Хӗвеланӑҫ Европӑри экономика пысӑк йывӑрлӑха кӗрсе ӳкрӗ... Ҫак район, ку шутра Англи те, Хӗвелтухӑҫӗпе суту-илӳ тума кирлине питӗ лайӑх туять. Ҫак суту-илӗве вырӑсем темиҫе хутчен те вӑйлатма тӑрӑшнӑ». Хӑйӗн «союзникӗсене» демократи лагерӗнчи ҫӗршывсемпе суту-илӳ тума чарса, США Хӗвеланӑҫӗнчи рыноксенче хӑйӗн таварӗсене сутассине пур майсемпе те вӑйлатса пырать. Ҫав вӑхӑтрах вӑл хӑйӗн шалти рынокӗсене ют ҫӗршывсен таварӗсем пырса кӗресрен пысӑк пошлинӑсемпе сыхласа тӑрать. Ҫакна пула иртнӗ ҫулталӑк хушшинче кӑна ытти капитализмла ҫӗршывсен суту-илӳ балансӗнче дефицит 523 миллион доллар ӳснӗ. Ҫавӑнпа пӗрлех вӗсен экономикӑри йывӑрлӑхӗ тата та ытларах пысӑкланнӑ. Официальнӑй йӗркепе пӗлтернӗ тӑрӑх, 1952 ҫулта, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, ӗҫсӗрлӗх Англире — 64 процент, Голландире—40 процент ӳснӗ. Ҫав ҫӗршывсен халӑх хуҫалӑхӗ таварсем сутмалли рыноксем ҫителӗксӗр пулнӑ пирки йывӑрлӑх тӳсет.

Ҫаксем пурте вӗсем тӗнчери суту-илӳ ӗҫне вӑйлатма хушаҫҫӗ. Тӗнчери халӑхсем США-ри финанс магначӗсем тытса пыракан киревсӗр политикӑна пӗтерсе лартма тӑрӑшаҫҫӗ. Экономикӑлла ҫыхӑнусене вӑйлатни, хӑй черечӗпе, мир ӗҫне тӗреклетме пулӑшать.

### АМЕРИКА САЛТАКӖН КУН-ҪУЛӖ

Ют ҫӗршывсенчи хаҫатсенче пичетленсе тухакан материалсем ҫакӑн ҫинчен калаҫҫӗ: Корейӑра хӑйсен юнне юхтарнӑ Америка салтакӗсемшӗн нумайӑшӗшӗн перемири тунӑ хыҫҫӑн та йывӑр хӗн-хур тӳсесси пӗтмен. Америкӑри буржуалла хаҫатсем халӗхи вӑхӑтра: Америкӑн нумай салтакӗсем Демократиллӗ Корея Халӑх Республикинчи тыткӑнран «хӗрлисем» пулса, «коммунистла» шухӑшсемпе «пӑсӑлса» таврӑнаҫҫӗ, тесе шавлаҫҫӗ. Буржуазие сутӑннӑ ҫыруҫӑсем, тӗслӗхрен, ҫакӑн пирки пӑшӑрханаҫҫӗ: тыткӑнран таврӑнакан салтаксем Америка пропаганди Сурҫӗр Корейӑри лагерьсенче каторгӑри пек йӗрке туса хунӑ тесе провокациллӗ сӑлтавпа шухӑшласа кӑларнӑ сӑмахсене ҫирӗплетмеҫҫӗ ҫеҫ мар, тата вӗсем пачах урӑхла, тыткӑнра пулнӑ чухне хӑйсене лайӑх пӑхни ҫинчен каласа параҫҫӗ. Тата та ытларах, вӗсенчен нумайӑшӗ: Корея халӑхне хирӗҫ вӑрҫӑ пуҫласа ямалла мар пулнӑ, теҫҫӗ.

Реакцилле хаҫатсем пуҫарса янӑ шавӑн тӗп шухӑшне «Крисчен сейенс монитор» хаҫатӑн халӗхи вӑхӑтра Корейӑна пынӑ корреспонденчӗ Хейвард ӑнлантарса панӑ. Вӑл ҫапла ҫырать: Америка хаҫачӗсем Демократиллӗ Корея Халӑх Республикинчи лагерьсенче тыткӑнри ҫар ҫыннисене тискеррӗн тыткалани ҫинчен ҫырни— вӑл шухӑшласа кӑларнӑ япала, ҫакӑн пек пӗлтернисем ҫине «сыхланарах пӑхас пулать».

Ҫапла ӗнтӗ, Демократиллӗ Корея Халӑх Республикинчи лагерьсенчи йӗркесем ҫинчен темӗн те пӗр ҫырса пӗтернӗ хыҫҫӑн, хаҫатри ултавҫӑсем халӗ хӑйсен йӗрӗсене шӑлса лартма хӑтланаҫҫӗ. «Тыткӑнра хӑйсене лайӑх пӑхнӑ тесе калакан салтаксене ан ӗненӗр. Вӗсем — коммунистсем!». Ҫапла калаҫҫӗ халӗ вӗсем.

Анчах чӑнлӑха пытарма ҫук! Тискерлӗх ӑҫта пулнине пӗтӗм тӗнче пӗлсе тӑрать. Кочжедо утравӗ ҫинче тата Америкӑн ытти вырӑнсенчи вилӗм лагерӗсенче вилсе пӗтнӗ ҫынсем ҫинчен тӗнче нихҫан та манас ҫук.

Чӑнлӑх ҫинчен калама хӑйнӑ Америка салтакӗсене илес пулсан, вӗсене вара чӑнах та йывӑр кун-ҫул кӗтсе тӑрать. Хаҫатсем тыткӑнран таврӑннӑ «шанчӑксӑр» салтаксене хирӗҫ США-ра йышӑннӑ мерӑсем ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчӗ каланӑ тӑрӑх, США юстици министрӗ Браунелл ҫак кунсенче ҫак «шанчӑксӑр» ҫынсене ҫар сучӗпе айӑпламалла е юстици министерстви енӗпе айӑпламалла пуласси ҫинчен пӗлтернӗ.

А. АЛЕКСАНДРОВ.

## Авалхи Пекин сӑн-сӑпачӗ улшӑнать

ПЕКИН, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Китай столицин сӑн-сӑпачӗ хӑвӑрт улшӑнса пырать. Халӑх влаҫӗ пулса тӑнӑ хыҫҫӑн хулара санитарипе гигиена тӗлӗшӗнчен пысӑк ӗҫсем туса ирттернӗ: хула урамӗсемпе площачӗсене, каналсене тасатнӑ, Унччен ҫулсенче хула хушшинчи тасамарлӑх тӗрлӗ чирсем сарса тӑнӑ. Халӗ Пекин хулинчи пур кӳлӗсенчен те шывсем юхса тухмалла тунӑ. Шурӑхлӑ вырӑнсенче шыва кӗмелли бассейнсем туса хурнӑ.

Ирӗке тухиччен хула халӑхӗн вицӗ пайӗнчен пӗр пайӗ кӑна водопроводпа усӑ курнӑ. Ыттисен шыва ҫӑлсенчен е каналсенчен илсе тӑмалла пулнӑ. Юлашки ҫулсем хушшинче водопровод тӑрӑшӗнне икӗ хут ӳстернӗ. Иртнӗ ҫулсенче хулан хӗвеланӑҫ пайне час-часах шыв илнӗ. Халӗ шыв илесрен сыхланас тӗлӗшпе пысӑк ӗҫсем туса ирттернӗ. Хулара ҫӗнӗрен трамвай ҫулӗсем хывнӑ, урамсем хушшине асфальт сарса тухнӑ. Правительство учрежденийӗсем валли чылай ҫуртсем, ӗҫҫыннисем валли больницӑсем, клиникӑсем, пурӑнмалли ҫуртсем нумай туса лартнӑ. Хула хӗрринче аслӑ шкулсен ҫурчӗсемпе промышленность предприятийӗсем туса лартнӑ. Вӗсем тавра рабочи поселоксем ӳссе ҫитӗннӗ.

Пекин хулине планлас тата реконструкцилес тӗлӗшпе ӗҫлекен комитет туса хатӗрленӗ план тӑрӑх, тепӗр 15—20 ҫултан хула 450 тӑваткал километр чухлӗ ҫӗр лаптӑкӗ йышӑнса тӑракан пулать. Халӗ вӑл 62 тӑваткал километр йышӑнать. Халӑх йышӗ 4—5 миллион ҫынна ҫити ӳсет.

## Иранри лару-тӑру

ТЕГЕРАН, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Сакӑн ҫинчен пӗлтернӗ: Захеди генерал Восуган дивизионнӑй генерала — наци оборонин министрӗ пулма, Эсфендиар Взоргмехра — пропагандӑпа пичетӗн тӗп управленийӗн начальникӗ пулма, Мостафа Моккадама—Иранри наци банкӗн директорӗ пулма уйӑрса лартнӑ.

Августӑн 21-мӗшӗнче ирхине Тегеранри радио ҫапла пӗлтернӗ: Мосаддыка, Шаегана, Садегие—Моазземи инженерӑн ҫуртӗнче тытса чарнӑ (Моазземи инженер Мосаддык правительствинче почта, телеграф тата телефон министрӗ пулса ӗҫленӗ).

«Дад» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Бахтиари ӗҫӗ пирки арестленӗ ҫынсене пурне те, вӑл шутра Аболь Касем Бахтиарие хӑйне те, августӑн 20-мӗшӗнче ирӗке кӑларнӑ. (Бахтиари йӑхӗ кӑҫалхи февраль-март уйӑхӗсенче Мосаддык правительствине хирӗҫ восстани тунӑ пулнӑ).

ПАРИЖ, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин Тегеранри корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, паян ирхине Захеди генералӑн бронетанковӑй чаҫӗсемпе ҫарӗсем Мосаддык майлӑ тӑранаисен демонстрацийӗ ҫине атака тунӑ. Темиҫе ҫынна амантнӑ.

НЬЮ-ЙОРК, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин Вашингтонри корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, Иран посолӗ Салех корреспондентсене Мосаддык правительствине Захеди правительствипе улӑштарни ҫинчен августӑн 20-мӗшӗнче официальнӑй йӗркепе хыпар илнӗ хыҫҫӑн хӑй отставкӑна тухни ҫинчен пӗлтернӗ.

ПАРИЖ, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчӗ Тегеранран ҫапла пӗлтерет:

Кашкай йӑхӗсен сулпуҫӗ Хан Хосроф Кашкаи Тегеранран тухса тарса Шираз хули патне ҫитнӗ пулать. Вӑл акӑлчансене чӗререн куралмасть. Ҫак районта пурӑнакан кашкай йӑхӗсем темиҫе вунӑ пин салтак тӑратма пултараҫҫӗ. Вӗсем пырса кӗме [illegible] района йышӑнса тӑраҫҫӗ.

Исфаган хулин губернаторне Кашавара Садра арестленӗ.

## Франциri забастовка

ПАРИЖ, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Паянхи хаҫатсем правительствӑпа «Форс уврнер», «христианла ӗҫҫыннисен конфедерацийӗ» профсоюзсен сылтӑм лидерӗсем хушшинче килӗшӳ туни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. Католикла парти руководителӗсем правительствӑпа профсоюзсен сылтӑм руководстви хушшинче килӗшӳ тӑвас ӗҫе хутшӑннӑ. Ҫак партирен Ланьел правительствинче темиҫе ҫын министр пулса тӑрать.

Ҫакнашкал канашлӑва пула, Франци экономикин хӑшпӗр отраслӗсенче ҫыхӑну, чугун ҫул транспорчӗ, газ тата электричество промышленноҫӗ, Париж хулинчи транспорт ӗҫе тытӑнмалла тӑвас пирки килӗшӳ тунӑ. Килӗшӳ условийӗ ҫинчен никама та пӗлтермеҫҫӗ.

Демократиллӗ хаҫатсем профсоюзсен сылтӑм руководстви правительствӑпа ирттернӗ калаҫусене татӑклӑн сивлеҫҫӗ. Ку вӑл забастовка тӑвакан ӗҫҫыннисен пӗрлӗхне хавшатма тӑрӑшни пулать, тесе хаклаҫҫӗ вӗсем.

Франциri ӗҫҫыннисен забастовки ҫаплах малалла пырать. Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, промышленноҫӑн чылай отраслӗсенче ӗҫлекен рабочисемпе служащисем забастовка тӑваҫҫӗ.

### ФРАНЦИРИ НАЦИ ПУХӐВӖН БЮРОВӖ ПАРЛАМЕНТА ПУХАССИ ҪИНЧЕН ТӐРАКАН ЫЙТӐВА ТАТСА ПАРАССИНЕ ТЕПӖР ВӐХӐТА ХӐВАРНӐ

ПАРИЖ, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Наци пухӑвӗн бюровӗ парламентӑн чрезвычайнӑй сессине пухма пултарасси ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса парассине августӑн 24-мӗшне хӑварнӑ.

## „Вапаа сана“ хаҫат Финляндипе Совет Союзӗ тата халӑх демократи ҫӗршывӗсем хушшинчи суту-илӳ ҫинчен

ХЕЛЬСИНКИ, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). «Вапаа сана» хаҫат Финлянди кӑҫал иртнӗ ҫичӗ уйӑх хушшинче ют ҫӗршывсемпе суту-илӳ мӗнле туса пыни ҫинчен калакан сведенисем пичетлесе кӑларнӑ. Ҫак сведенисенче кӑтартнӑ тӑрӑх, суту-илӳ балансӗнче Финлянди дефицичӗ, Совет Союзӗпе тата халӑх демократи ҫӗршывӗсемпе суту-илӳ тӑвасси вӑйланнине пула, икӗ миллиард марка чухлӗ чакнӑ. Халӗхи вӑхӑтра Финлянди ют ҫӗршывсемпе суту-илӳ тӑвас ӗҫре Совет Союзӗ пӗрремӗш вырӑн йышӑнса тӑрать, Финлянди суту-илӗвӗнче Совет Союзӗн тӳпи 29,5 процент йышӑнать.

Хаҫат ҫакна паллӑ тӑвать: Совет Союзӗн тата халӑх демократи ҫӗршывӗсен рынокӗсенчӗ Финлянди халиччен капитализмла ҫӗршывсенче кӑна туянма пулать тесе шутланӑ таварсем туянма пултарать.

Анчах та, тет хаҫат, суту-илӳ ӗҫне ертсе пыракансем демократи лагерьне кӗрекен ҫӗршывсемпе суту-илӳ тӑвассине пур майсемпе те чӑрмантарма тӑрӑшаҫҫӗ. Сӑмахран, ҫакна кӑтартса панӑ: Болгарирен, Венгрирен, Демократиллӗ Германи Республикинчен таварсем кӳрсе килме лицензи илме ыйтса заявка панӑ пулнӑ. Анчах темӗнле сӑлтавсене пула, ҫак лицензисене ку таранччен паман.

## Мароккӑри ӗҫсем пирки

ПАРИЖ, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Парижри хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, Марокко султанне Рабадран Корсика утравӗ ҫине кӑларса янӑ хыҫҫӑн, ӗнер ҫӗнӗ султан пулма Мохаммед Бен Арафана уйӑрса лартнӑ.

Марокко султанне вырӑнтан кӑларнӑ пирки «Монд» хаҫат ҫапла ҫырать: Францин министрӗсен совечӗ Мароккӑри генеральнӑй резидента Гийом генерала Марокко тронӗ ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса парас тӗлӗшпе «хӑй енчен тума кирлӗ мӗнпур ӗҫсене» пурнӑҫлама полномочи панӑ.

Марокко султанӗ хӑйне Гийом генерал вырӑнтан тухма хушнипе килӗшмен пулнӑ. Ҫавӑн хыҫҫӑн ӑна вырӑнтан кӑларса Корсика утравӗ ҫине илсе кайнӑ.

Франциri демократиллӗ хаҫатсем тепӗр хут ҫакна паллӑ тӑваҫҫӗ: Франци колонизаторӗсем Марокко халӑхӗн наци ирӗклӗхӗшӗн пыракан юхӑмне вӑйсӑрлатас шутпа султана вырӑнтан кӑларнӑ.

## Хӗвеланӑҫ Австрире ҫар ӗҫне вӗрентеҫҫӗ

ВЕНА, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Хӗвеланӑҫ Австрире «планер шкулӗсем» тенӗ ятпа витӗнсе, халӗхи вӑхӑтра вӑрттӑн майпа туса пыракан Австри ҫарӗн авиацийӗ валли летчиксем хатӗрлеме тӗрлӗ организацисем тӑваҫҫӗ. «Планер шкулӗсем» тӗрлӗрен «слетсем» ирттереҫҫӗ. Ҫак слетсене австриецсем кӑна мар, США тата Хӗвеланӑҫ Европа ҫӗршывӗсен представителӗсем те хутшӑнаҫҫӗ.

«Нейе тагесцейтунг» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫакӑн пек слетсенчен пӗри нумаях пулмасть Брегенцра пулса иртнӗ. Слета Австрирен тата Хӗвеланӑҫ Германирен килсе ҫитнӗ «планеристсем» хутшӑннӑ. Вӗсене гитлерла авиацире офицер пулса ӗҫленӗ, халӗ «независимӑйсен союзӗ» текен нацистла ҫӗнӗ организаци деятелӗсенчен пӗри пулса ӗҫлекен Петер ертсе пынӑ. Слета гитлерла ҫар офицерӗсем нумай пынӑ. Слет пулнӑ вырӑна йӗри-тавра хупӑрласа илнӗ. Ахаль ҫынсене унта никама та кӗртмен.

Ҫак «слет» милитаристла тата фашистла тӗллевпе пулса иртнине унта пулнӑ ҫынсем гитлерла юрӑсем юрлани те лайӑх каласа парать.

## Корейӑра тыткӑнри ҫар ҫыннисене тавӑрса пани

ПЕКИН, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран ҫапла пӗлтерет: паян Корейӑпа Китай енӗ тепӗр енне тыткӑнри 150 американеца тата 300 корееца тавӑрса панӑ.

Паян тавӑрса панӑ тыткӑнри ҫынсем хушшинче Лим Ик Свун пулнӑ. Вӑл Ли Сын Манӑн «столица» дивизийӗ теныӗскерӗн командирӗн заместителӗ пулнӑ.

Америка енӗ паян та, унччен пекех, Корейӑпа Китай енне тыткӑнри пӗр корееца та, Китай халӑх добровольцӗсенчен тыткӑнри пӗр ҫынна та тавӑрса паман.

### ИНДИПЕ СОВЕТ ФУТБОЛИСЧӖСЕМ ЮЛТАШЛА ТӖЛ ПУЛСА ВЫЛЯНӐ

Августӑн 21-мӗшӗнче Мускаври «Динамо» стадионӗнче Инди спортсменӗсемпе Совет Союзӗнчи футболистсем юлташла тӗл пулса вылянӑ. Мускаври «Торпедо» спорт обществин команди Калькутта хулинчи (Инди) Хӗвелтухӑҫ Бенгали клубӗн командипе вылянӑ.

Футбол вӑййине юратакан стадиона пухӑннӑ вунӑшар пин ҫынсем хӑнасене ӑшшӑн саламланӑ. Мускав футболисчӗсем Инди спортсменӗсене чечек ҫыххисем панӑ. Стадионра Индипе Совет Союзӗн Государство гимнӗсене каланӑ.

Вӑйӑ пысӑк хӑвӑртлӑхпа иртнӗ, 3:3 шутпа, никам ҫӗнтерейменнипе вӗҫленнӗ. (ТАСС).

### Венецире илемлӗ фильмсен тӗнчери 14-мӗш фестивалӗ уҫӑлнӑ

РИМ, августӑн 21-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Венецире илемлӗ фильмсен тӗнчери 14-мӗш фестивалӗ уҫӑлнӑ. Фестивале 16 ҫӗршыв хутшӑнать: Аргентина, Бразили, Чехословаки, Франци, Германи, Япони, Англи, Итали, Инди, Югослави, Польша, Испани, Швеци, Венгри, СССР тата США.

Фестивальре совет фильмӗсене пурӗ виҫҫӗ кӑтартаҫҫӗ: «Возвращение Василия Бортникова», «Римский-Корсаков» тата «Садко».

## „Агитатор блокночӗн“ черетлӗ номерӗ

КПСС Чӑваш обкомӗн пропагандӑпа агитаци пайӗ кӑларакан «Агитатор блокночӗн» черетлӗ, 16-мӗш номерӗ пичетленсе тухнӑ.

«Блокнотӑн» умстатьи «Совет ҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатмалли чаплӑ программа» ятлӑ. Унта СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗн ӗҫӗсем ҫинчен ҫырнӑ. Кунсӑр пуҫне, А. Шорниковӑн «Государствӑна тырӑ памалли плана кашни колхоз срокчен тултармалла», Улатӑр районӗнчи «Красный луч» колхоз председателӗн А. Лёнинӑн «Пысӑк тухӑҫлӑ махоркӑна срокчен пухса кӗртетпӗр» ятлӑ статьисем пичетленнӗ.

«Агитаци ӗҫӗн опычӗнчен» ятлӑ пайра Етӗрне районӗнчи Маленков ячӗпе тӑракан колхозри парторганизаци секретарӗ А. Мешанинов агитаторсем СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ йышӑннӑ решенисене тата Г. М. Маленков юлташ сессире каланӑ сӑмаха колхозниксене мӗнле ӑнлантарса пани ҫинчен каласа пани пур.

## Пӗтӗм Союзри выставкӑра

Ҫак кунсенче Мускавра Вӑрман тата хут промышленность министерстви сӗтел-пукансен Пӗтӗм Союзри выставкине уҫнӑ. Унта пирӗн ҫӗршыври предприятисем туса кӑларакан сӗтел-пукансене, шкафсемпе комодсене тата ыттисене кӑтартнӑ. Ҫавӑн пекех кунта ҫитес ҫывӑх вӑхӑтра туса кӑларма палӑртнӑ ҫӗнӗ йышши сӗтел-пукансен моделӗсем пур.

Выставкӑра Харьков, Рига, Львов, Киев, Чкаловски тата ытти хуласенчи сӗтел-пукан туса кӑларакан комбинатсен чи лайӑх продукцийӗ нумай. Выставкӑна пырса куракансем пирӗн республикӑри Сӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗ туса кӑларнӑ продукцие юратса пӑхаҫҫӗ. Уйрӑмах вӗсем юманран тунӑ пукансене, апат-ҫимӗҫ хумалли сӗтелсене лайӑх тунине палӑртаҫҫӗ.

Выставка залӗнче сӗтел-пукан комбинатӗнче ӗҫлекен стахановецсен портречӗсем нумай. Ҫав портретсем хушшинче Сӗмӗрлери комбинатра ӗҫлекен А. М. Трынов. В. И. Волкова тата ыттисен портречӗсем те пур.

В. БРАЙКОВСКАЯ.

### СПОРТ

## Шлюпкӑпа тата байдаркӑпа ишекенсен ӑмӑртӑвӗ

Шупашкарти «Спартак» спорт обществин шыв станцинче байдаркӑпа тата шлюпкӑпа хӑвӑрт ишес тӗлӗшпе республикӑри ӑмӑрту пулчӗ. Ӑмӑртӑва 10 спорт обществин командисем хутшӑнчӗҫ.

Ӑмӑрту арҫынсем шлюпкӑпа пӗр километр ишнипе пуҫланчӗ. Ҫак дистанцие Шупашкарти «4-я пятилетка» артельре ӗҫлекен платник Р. Кузьмин пуринчен хӑвӑрт ишсе тухрӗ. Унӑн вӑхӑчӗ 7 минут та 10.4 секунд. Вӑлах икӗ километрлӑ дистанцире те мала тухрӗ. Иккӗн ишмелли шлюпкӑпа «Спартак» обществин членӗсем Б. Бомонинпа Р. Кузьмин мала тухрӗҫ.

Пӗччен ишмелли байдаркӑпа пӗр километра чи малтан 6 минут та 20 секундра Буславккари пурӑнмалли ҫуртсем тӑвакан заводра ӗҫлекен теплотехник Б. Кондаков ишсе тухрӗ. Вӑлах Г. Чиберовпа пӗрле иккӗн ишмелли байдаркӑпа хӑвӑрт ишсе тухса малти вырӑна йышӑнчӗ.

Икӗ кун ӑмӑртнӑ хыҫҫӑн «Спартак» обществин команди малти вырӑна тухрӗ. Иккӗмӗш вырӑнта «Шахтер» спорт обществин команди, виҫҫӗмӗш вырӑнта «Знамя» обществӑн пӗрремӗш команди.

Я. ОСИПОВ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАҪАТРА

Умстатья.—Халӑха валли лайӑх таварсем ытларах туса кӑларар.

Тырпул пухса кӗртес, государствӑна тырӑ парас тата кӗрхи тырӑсем акас ӗҫ мӗнле пыни синчен пӗлтерӳнисем.

И. Косминский.—Колхозсенче пайланман фондсене хӑвӑрт ӳстерсе пырассишӗн.

Чӑваш республикинчи пир-авӑр предприятийӗсенче.

Юлашки почтӑран. — Ҫс чӑнах ӑнӑҫлӑ пырать-ши? (Улатӑр хулинчи тумтир ҫӗлекен индпошив мастерскойӗнчи тата «Красный восход» артельти брак тӑвакансем ҫинчен).

А. Я. Вышинский Генеральнӑй Ассамблейӑн Политикӑлла комитетӗнче Корея ыйтӑвӗ тӑрӑх тухса каланӑ сӑмах.

А. Александров. — Тӗнчери лару-тӑру.

Урӑх ҫӗршывсенчен тата вырӑнсенчен килнӗ хыпарсем.

Редактор заместителӗ
М. Н. ЯКИМОВ.

### КИНО

«РОДИНА» — августӑн 23-мӗшӗнче 10, 12 тата 14 сехетре пуҫланакан сеанссенче «Трактористы», ытти сеанссенче—«Варвары; 16 тата 20 сехетре—пӗрремӗш сери, 18 сехет те 15 минутра тата 22 сехетре пуҫланакан сеанссенче—иккӗмӗш сери.

Августӑн 24-мӗшӗнче каҫхи сеанссенче Чехословакире ӳкернӗ комеди «Ангел в отпуске».

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-93, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—3-61, совет строительстви пайӗ—3-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 08483

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Тираж 20.000 экз.